ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Апрель 29 юнкун

№ 85 (8994)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Совет Союзĕнчи ĕççыннисем! ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне тата анлăрах сарар! Халăх хуçалăхне çĕнĕ хăватпа çĕклентерессишĕн, халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурине малалла ÿстерессишĕн кĕрешĕр!**

(КПСС Центральнăй Комитечĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе чĕнсе каланисенчен).

## Пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне тата анлăрах сарар!

1929 çулхи апрель уйăхĕнче партин XVI-мĕш конференцийĕ, хамăр çĕршывра социализм тумалли пĕрремĕш пилĕк çуллăх план йышăнса, Совет Союзĕнчи ĕççыннисене социализмла ăмăрту организацилеме чĕнсе каларĕ.

Парти чĕнсе каланине совет çыннисем хапăл туса йышăнчĕç. Вара пирĕн çĕршывра социализмла ăмăртупа ударничество анлăн сарăлчĕ. Каярахпа социализмла ăмăртăвăн çÿлерех тăракан форми—стахановла движени пуçланса кайрĕ те пĕтĕм çĕршывра сарăлчĕ. Коммунистсен партийĕ, аслă çулпуç И. В. Сталин хавхалантарса ертсе пынипе совет халăхĕ пĕрремĕш тата иккĕмĕш пилĕк çуллăх плансене срокчен пурнăçларĕ, хамăр çĕршыва индустриллĕ-колхозлă хăватлă держава туса хучĕ. Стахановла движени ĕç тухăçлăхне нумай ÿстерме, çĕршывăн производительнăй вăйĕсене пысăклатма пулăшрĕ. Совет Союзĕнче социализм çĕнтерчĕ. Çапла вара пирĕн çĕршывăн оборона пултарулăхĕ ÿсрĕ, ку вăл пирĕн халăха Аслă Отечественнăй вăрçăра усал тăшмана çĕнтерме, Тăван çĕршыв ирĕклĕхĕпе чысне сыхласа хăварма май пачĕ.

Рабочисем, колхозниксем, интеллигенци социализмла ăмăртса ĕçлени питĕ пысăк задачăсене пурнăçлама пулăшать. Вĕсем ăмăртса ĕçлесе вăрçă вăхăтĕнче çар валли, çĕршыв валли мĕн кирлине çителĕклĕ парса тăчĕç, вăрçă хыççăн вăрçă суранĕсене кĕске срокра тÿрлетсе çитерчĕç, халăх хуçалăхĕпе культура строительствине малалла вăйлатса пыма тытăнчĕç.

Вăрçă хыççăнхи вăхăтра пирĕн халăх хуçалăхĕ пысăк хăвăртлăхпа аталанса пырать, çак никĕс çинче халăхăн пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланать. Пирĕн çĕршыв социализмран майĕпен коммунизма куçмалли тапхăра кĕчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ çирĕплетнĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план пирĕн çĕршыв социализмран коммунизма куçмалли çулпа аталанса пырса малалла çĕнĕ пысăк утăм тунине пĕлтерет.

Пирĕн промышленноçпа транспортăн, ялхуçалăхĕн, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсен умра тăракан пысăк задачăсене пурнăçа кĕртме мĕн кирли пурте пур. Çав майсемпе ытларах усă курасси парти организацийĕсем, профсоюзсем, хуçалăх руководителĕсем ĕççыннисене социализмла ăмăртса ĕçлеме организациленинчен килет.

Аслă çулпуçăмăрсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин социализмла ăмăрту ялавне çÿле çĕклерĕç. 1917 çулхи декабрь уйăхĕнчех «Ăмăрту мĕнле организацилемелле?» ятлă статьяра В. И. Ленин халăхăн организаторла таланчĕсене ÿссе сарăлмашкăн пулăшма кирлине кăтартса панă. Владимир Ильич çапла çырнă: социализм малтанхи хут ăмăртупа «чăнахах та анлăн, чăнахах та массăллăн усă курма, ĕççыннисен чăнахах та ытларах пайне ĕçе явăçтарма май парать, кунта ĕççыннисем хăйсене палăртма, хăйсен пултарулăхне аталантарма, халăх хушшинче иксĕлми çăлкуçĕ пекех нумай талантсене,—капитализм пинĕ-пинĕпе, миллионĕ-миллионĕпе лутăркаканă, таптанă, пăвнă талантсене,—палăртма пултарассĕ».

Ленин ĕçĕсене малалла туса пынă И. В. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: ăмăрту—«ĕççыннисен миллионшар массисен чи пысăк **активлăхĕпе усă курса социализм тумалли коммунизмла меслет**.., массăсен ĕçри революцилле **самокритики**, миллионшар ĕççыннисен творчествăлла **пуçарăвĕ** çинче тытăнса тăракан самокритика палăрни пулса тăрать».

Партин Центральнăй Комитечĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе чĕнсе каланисенче халăх хуçалăхĕн кашни отраслĕнче ĕçлекенсем умне татăклă задачăсем кăларса тăратнă. ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне тата анлăрах сарса пымалла. Ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ÿстерсе пырассишĕн, производство резервĕсене уçса палăртса, вĕсемпе анлăн усă курассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, унăн хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешмелле, перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалла.

Пирĕн республикăри промышленность предприятийĕсен коллективĕсем Май уявĕ умĕнхи ăмăртура чылай пысăк çитĕнÿсем турĕç. Ĕçри хăвăртлăха ÿстерсе, умра тăракан пысăк задачăсене пурнăçлассишĕн, 1953 çулхи плана тата пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн пысăкрах хăватпа кĕрешмелле.

Строительствăри работниксем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсен çĕнĕ предприятисем, пурăнмалли çуртсем, шкулсемпе больницăсем хăвăртрах туса ĕçе кĕртмелле. Хаçатăн ĕнерхи номерĕнче Шупашкарти пир-авăр комбинатне тăвакансем илнĕ социализмла обязательствăсем пичетленсе тухрĕç. Вĕсем 1953 çулхи строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма пулнă. Пысăк стройкăри работниксене хăйсен обязательствисене пурнăçлама пур майсемпе те пулăшмалла. Вĕсенчен пример илсе, строительство енĕпе ĕçлекен ытти организацисенче те конкретлă обязательствăсем илмелле, вĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешÿ организацилемелле.

Социализмла ялхуçалăхĕн работникĕсем Майăн 1-мĕшĕнчи уява çуракинче хĕрÿллĕ ĕçленипе кĕтсе илеççĕ. Çураки—ялхуçалăх ĕçĕсен ответлă тапхăрĕ. Уй-хир ĕçĕсене кĕске вăхăтра, агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх туса иртермелле тата кашни колхозрах мĕнпур ялхуçалăх культурисене акса хăвармалли государство планне пĕтĕмпех тултармалла, ялхуçалăхĕнчи ĕççенсем хушшинче социализмла ăмăртăва çĕнĕ хăватпа сарса пымалла.

Коммунистсен партийĕн XVI-мĕш конференцийĕ социализмла ăмăрту организацилеме чĕнсе каланăранпа 24 çул иртрĕ. Çак вăхăт хушшинче совет халăхĕ пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан пысăк çĕнтерÿсем турĕ. Социализмла ăмăртăва вăйлатса, коммунизм строительствинче тата пысăкрах çитĕнÿсем туса пырар!

## Удобрени сапмалли машина

МОЛОТОВ, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Пермь машина-трактор станцийĕнче уй-хирти тăпра çине известь çăнăхĕ, вакă торф тата ытти удобренисем сапмалли машина тунă. Ку машинăна тракторпа ĕçлеттерессĕ. Удобрени çаврăнса тăракан диск çунаттисем çине тухать те 12 метр сарлакăш сапăнса пырать. Ĕçлеттерсе пăхнă чухне машина лайăх пулни палăрнă. Виçĕ тонна известь çăнăхне çичĕ минут хушшинче пĕр тикĕс сапса тухнă. Машина йÿне ларать.

## Çуракине тухнă

АРХАНГЕЛЬСК, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Архангельск облаçĕнчи кăнтăр енчи районсем иртнĕ çулхинчен вунă кун малтан çуракине тытăннă. Çав вăхăтрах колхозниксем клевер акаççĕ тата кĕрхи тырăсен калчисене удобренисем сапса параççĕ.

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче*

## Чкаловски районĕнчи „Гвардеец“ колхозăн обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлес ĕçри опычĕ çинчен

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозăн опычĕ пирĕн республикăри кашни колхозрах обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ чухлĕ хатĕрлеме, обществăлла выльăх-чĕрлĕх шутне чылай ÿстермешкĕн тата унăн тухăçлăхне хăпартмашкăн çирĕп никĕс тума пур майсем те пуррине кăтартса парать.

«Гвардеец» колхозăн улăх-çаран пачах çук. Çапах та колхоз, выльăх апачĕ хатĕрлемелли пусă çаврăнăшĕпе уй-хире курăк акса тумалла пусă çаврăнăшне ĕçе кĕртсе, уй-хирте выльăх апачĕ туса илес ĕçе тĕрĕс йĕркелесе, обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли пур йышши апатсем те çителĕклĕ хатĕрлет.

Колхозра вунă уйлă пусă çаврăнăшĕ туса ĕçе кĕртнĕ, унти икĕ уйра нумай çул ÿсекен курăксем акаççĕ; кунсăр пуçне, выльăх апачĕ хатĕрлемелли сакăр уйлă пусă çаврăнăшĕ туса ĕçе кĕртнĕ, унта культурăсем çакăн пек черетленсе пыраççĕ: икĕ уйра утă тума нумай çул ÿсекен курăксем акаççĕ, икĕ уйра нумай çул ÿсекен курăксем акса кĕтÿ çÿретеççĕ, пĕр уйра силослăх культурăсем акаççĕ, пĕр уйра выльăх валли тымарçимĕç лартаççĕ, пĕр уйра пĕр çул ÿсекен курăксем акаççĕ, пĕр уйра кĕрхи е çурхи тĕштырăсем, вĕсен калчи çине нумай çул ÿсекен курăксен хутăшне (люцерна, клевер, тимофеевка тата улăх сĕлли) акаççĕ. Выльăх апачĕ хатĕрлемелли пусă çаврăнăшĕнче сĕтеклĕ апат тумалли тата симĕсле çитермелли культурăсем акаççĕ, унта выльăх апачĕ хатĕрлеме яланлăха уйăрнă бригада ĕçлет. Бригадăна лашасем, ялхуçалăх машинисемпе хатĕрсем тата урапа-çуна кирлĕ чухлĕ çирĕплетсе панă.

«Гвардеец» колхоз нумай çул ÿсекен тĕрлĕ йышши курăксене хутăштарса акассине анлăн туса пырать: уйри пусă çаврăнăшĕнче — клевер, люцерна, тимофеевка; выльăх апачĕ туса хатĕрлемелли пусă çаврăнăшĕнче — клевер, люцерна, тимофеевка, улăх сĕлли акать, çав курăксен вăррине тракторпа тата лашапа ĕçлемелли сеялкăсемпе акса хăварать.

Колхоз курăксене çуркунне тата çулса илнĕ хыççăн вырăнти удобренисемпе минераллă удобренисем сапса парать, çавăн пекех тата курăк пуссисене çуркунне иртерех сÿрелет, çавăнпа колхозăн симĕс курăкпа утă тухăçлăхĕ пысăк пулать. 1952 çулта колхоз нумай çул ÿсекен курăксем акнă пĕтĕм лаптăк çинче кашни гектартан вăтам шутпа 40-шер центнер утă туса илнĕ.

«Гвардеец» колхоз пĕр вырăнах хĕвелçаврăнăш тата вика акса тăвать. Хĕвелçаврăнăшне анлă ретпе акаççĕ (ретсем хушшине 60 сантиметр хăвараççĕ), хĕвелçаврăнăш вăрлăхне кашни гектар çине 20 килограмм кĕртеççĕ, унтан вара хĕвелçаврăнăшĕ акнă ретсене урлă вика акаççĕ, вика вăрлăхне кашни гектар çине 60 килограмм кĕртеççĕ. Силос культури акса тумалли çак малта пыракан майпа усă курса, колхоз кашни гектартан силос тумалли питĕ лайăх симĕс курăк 550-шар центнер пухса илнĕ.

Колхозра выльăхсене çитермелли тымарçимĕç акса ÿстересси çине пысăк тимлĕхпе пăхаççĕ. Тымарçимĕçсене тарăн сухаласа кĕрхи çĕртме тунă, тислĕк тата минераллă удобренисем тăкса лайăх çемçетнĕ çĕр çине, анлă ретпе, çуркунне иртерех лартса хăвараççĕ. Выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсем акнă чухне плантацисем тумалли йĕркене çирĕппĕн пурнăçлаççĕ: ретсене тÿрĕ тăваççĕ, ретсем хушшине пĕр пек хăвараççĕ, çапла вара выльăхсене çитерме акнă тымарçимĕçсен хушшисене çемçетнĕ чухне тракторпа тата лашапа ĕçлемелли культиваторсемпе усă курма май пулать. Тымарçимĕçсем акнă вырăнсене çу кăçипех кăпка тата çумкурăкĕсенчен таса тытаççĕ, тымарçимĕçсен калчисене икĕ хутчен сайралатаççĕ, ретсен хушшине тăватă хут е пилĕк хут кăпкалатаççĕ тата çумкурăксенчен тасататаççĕ, калчасене икĕ хут удобренисем параççĕ. Çапла ĕçлесе, колхоз 1952 çулта кашни гектартан 500 центнер ытла тымарçимĕç туса илнĕ.

Симĕс апат иртерех туса илес шутпа, «Гвардеец» колхоз темиçе çул хушши ĕнтĕ çĕртме уйĕ пулмалли вырăна кĕркунне ыраш акса хăварать. Колхоз суданка курăкĕ акса ÿстерессине йĕркеленĕ, темиçе çул хушши ĕнтĕ çав курăка çу каçиччен икĕ хут çулса илет, кĕркунне вара çав курăк калчи çинче кĕтÿ çÿретет. 1952 çулта колхоз симĕс ыраш çулса кашни гектартан 110 центнер симĕс апат тата кашни гектартан 278 центнер суданка курăкĕ пухса илнĕ.

Кунпа пĕрлех, «Гвардеец» колхоз çĕртме пуссинче викăпа сĕлĕ хутăшне акса тăвассине, ир пулса çитекен культурăсем (ыраш, «Торсдаг» пăрçа) пухса илнĕ хыççăн çийĕнчех вика акса хăварассине анлăн туса пырать. 1952 çулта колхоз пĕр çул ÿсекен курăксем акнă кашни гектартан 56 центнер утă пухнă.

«Гвардеец» колхоз çуллахи вăхăтра выльăхсене кĕтÿре çÿретмесĕр усрассине йĕркеленĕ. Çуллахи вăхăтра выльăхсем валли симĕс апат çителĕклĕ хатĕрлеме симĕс конвейер организациленĕ, выльăхсене симĕс ыраш, нумай çул ÿсекен тата пĕр çул ÿсекен курăксем çулса çитереççĕ. Выльăхсене хĕллехи вăхăтра çитерме сĕтеклĕ апат çителĕклĕ хатĕрлес тесе, колхоз, тымарçимĕç хатĕрленисĕр пуçне, силос нумай хывса хăварать. 1952 çулта колхоз 520 тонна силос хывнă, силоса лайăх тунă çурма башнясене, айккисене хытарса тунă силос шăтăкĕсемпе траншейисене хывса хăварнă.

Выльăх апачĕ хатĕрлеме çирĕп никĕс тунине пула, çавăн пекех тата выльăхсем валли лайăх çуртсем тунине тата выльăхсене лайăх пăхса усранине пула, колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне, мĕнпур йышши продуктивлă выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк усрамалли минимума чылай иртерсе тултарнă, сăвакан кашни ĕнерен 1952 çулта 1.969 килограмм сĕт суса илнĕ (1949 çулта 1.080 килограмм суса илнĕ пулнă), çак вăхăт хушшинче выльăх-чĕрлĕхрен илекен укçа тупăшĕ тăватă хут ÿснĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăннă:

1. Чăваш АССР Ялхуçалăх Министерствине, райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозăн обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлес ĕçри опытне анлăн сарма тата çак опыта республикăри пур колхозсенче те ĕçе кĕртес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма хушас.

2. Республикăри нумай колхозсенче выльăх апачĕ тумалли культурăсене пăхса ÿстересси çине тимлĕ пăхманнине, çакă вара обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма чăрмантарнине асра тытса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ республикăн Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене çапла тума хушаççĕ.

а) 1952 çулта выльăх апачĕ тумалли культурăсем акса ÿстерме государство панă планлă заданисене кашни колхозрах пĕтĕмпех пурнăçламалла тăвас пулать;

б) выльăх апачĕ тумалли культурăсене агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх срокра акса хăвармалла. Выльăх апачĕ тумалли тымарçимĕçсене тата силос культурисене выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшĕнче тарăн сухаласа кĕрхи çĕртме тунă е лайăх сухаласа çемçетнĕ тата удобренисем тăкнă участоксене, фермăсем çывăхĕнчи участоксене акмалла;

в) выльăх апачĕ тумалли культурăсен речĕсем хушшине кăпкалатса тăрас ĕçе ытларах механизацилес шутпа, тымарçимĕçсемпе силос культурисене трактор сеялкисемпе пĕр лаптăк çине акмалла, ретсене тÿрĕ туса, ретсен хушшине пĕр пек хăварса акмалла, участок вĕçĕнче машинăсемпе çаврăнмалли 3—5 метр сарлакăш вырăн хăвармалла;

г) силос хывма тата паха силос хатĕрлеме симĕс курăк нумай хатĕрлес шутпа, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз опытне—силос тума пĕр вырăнтах хĕвелçаврăнăшпе вика пĕрле акассине, çавăн пекех тата айккисене хытарса силос шăтăкĕсемпе траншейăсем тата çурма башньăсем тăвассине анлăн сармалла.

3. Колхозсенче выльăх апачĕ нумайрах хатĕрлемелле тăвас тесе, районсенчи совет, парти тата ялхуçалăх органĕсене, МТС директорĕсене çĕртме уйĕсенче выльăх апачĕ тума планран иртерсе çĕрулми лартассине, викăпа сĕлĕ хутăштарса акассине, пăрçапа сĕлĕ хутăштарса акассине, ир пулакан пăрçа тата ытти час пулакан культурăсем акассине организацилеме хушас.

4. Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене, КПСС райкомĕсене, колхоз председателĕсене çак ĕçсене тума хушас:

а) выльăх апачĕ тумалли культурăсене лайăх пăхса ÿстерсе, кашни колхозрах çав культурăсен тухăçне ÿстермелле.

б) выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсемпе звеносене тĕреклетмелле, вĕсен ĕçне лайăхлатмалла, вĕсем çине выльăх апачĕ тумалли пусă çаврăнăшĕнче акнă культурăсене тата ытти участоксенче акнă тымарçимĕçсемпе силос культурисене пăхса ÿстерессишĕн ответлăх хумалла;

в) çуллахи вăхăтра выльăхсене кĕтÿре çÿретмесĕр усрамалла тума тата выльăх валли симĕс апатпа сĕтеклĕ апат пĕрмаях çителĕклĕ пулмалла тума колхозсенче симĕс конвейер организацилемелле, унта нумай çул ÿсекен курăксемпе пĕр çул ÿсекен курăксем, кĕрхи ыраш, выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсем тата ытти культурăсем те пулмалла.

5. Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене, КПСС райкомĕсене, машина-трактор станцийĕсен директорĕсене тата колхоз председателĕсене улăх-çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене лайăхлатмалли плана 1953 çулхи июнĕн 1-мĕшĕччен пурнăçлама хушас,—çак вăхăтчен улăх-çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене вĕтлĕх йывăççенчен, тункатасенчен, чулсемпе çÿп-çапран тасатмалла, тракторсемпе е лашапа ĕçлемелли машинăсемпе утă çулмалли вырăнсене пĕтĕмпех тÿремлетсе тухмалла.

6. Колхозсенче хĕвелçаврăнăшĕн, суданка курăкĕн, кукурузăн, нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхĕсене çителĕклĕ хатĕрлемелле тăвас тесе, Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене кашни колхозрах нумай çул ÿсекен тата пĕр çул ÿсекен курăксен, силос культурисен вăрлăхĕсене хатĕрлемелли участоксем уйăрма хушас; вăрлăх участокĕсенчи культурăсене лайăх пăхса ÿстермелле, вăхăтра, тăккаламасăр пухмалла.

7. «Гвардеец» колхозăн выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçри опытне сарас тата ку опыта ытти колхозсенче пурнăçа кĕртмелле тăвас шутпа, Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене çак колхоза колхоз председателĕсем, выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсен бригадирĕсемпе звеньевойĕсем экскурсие пырса курассине организацилеме хушас.

Май уйăхĕнче кашни районта выльăх апачĕ тумалли культурăсем акса ÿстерес тĕлĕшпе малта пыракан колхозсенчен пĕринче колхоз председателĕсен, выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсен бригадирĕсен тата звеньевойсен канашлу-семинарне ирттермелле, унта выльăх апачĕ тумалли культурăсене мĕнле пăхса ÿстермеллине практикăра кăтартса памалла. Семинар ирттернĕ чухне доцент Рыжов юлташ çырнă кĕнекепе усă курмалла, вăл кĕнеке «Чăваш АССР-чи Чкаловски районти «Гвардеец» колхозри симĕс конвейер» ятлă.

Ялхуçалăх министерствипе Чăвашгиза 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне «Гвардеец» колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçленине кăтартса паракан плакат пичетлесе кăларма хушас.

## Совет çĕршывĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен тăван çĕршывĕ

Коммунистсен партийĕ аслăн ертсе пынипе совет халăхĕ социализмран майĕпен коммунизма куçас задачăна пурнăçласа пырать. ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх плана тултарни коммунизм çулĕпе малалла каяс тĕлĕшпе пысăк утăм туни пулать.

Пирĕн аслă çĕршыври халăхсем коммунизм çулĕпе çĕнтерÿллĕн малалла кайнине курса, эксплуатаци пусмăрĕнче асапланса пурăнакан мĕнпур ĕççыннисем çапла калаççĕ: акă вăл, манăн малти отряд, акă вăл, манăн ударлă бригада, акă вăл, манăн рабочи власть, акă вăл, манăн тăван çĕршыв,—вĕсем хăйсен ĕçне, пирĕн ĕçе тăваççĕ, аван, пулăшар вĕсене.

Совет çĕршывĕ тĕнчере чи малта пыракан индустриллĕ тата колхозлă аслă держава пулса тăчĕ. Вăл—халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн никĕсĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам аркатайми çирĕп тĕрекĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин мире сыхласа хăвармалли тата тĕреклетмелли, çĕнĕ вăрçă кăларма хатĕрленнине хирĕç кĕрешмелли, тĕнчери халăхсемпе килĕштерсе ĕçлемелли тата мĕнпур çĕршывсемпе ĕç сыхăнусем тытмалли политикине прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх кăмăлласа йышăнать.

Хальхи вăхăтра тĕнчери экономикăлла пурнăç икĕ çулпа аталанса пырать. Пĕр çулĕ вăл—Совет Союзĕнче тата халăх демократи çĕршывĕсенче мирлĕ экономика пĕр чарăнмасăр çĕкленсе пынин çулĕ. Вăл экономика кризисĕсене пĕлмест, вăл обществăн материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерес енĕпе аталанса пырать. Çак экономика халăх массисен пурнăç шайне пĕрмаях ÿстерсе пыма тата рабочисене пурне те ĕç тупса пама май парать. Ку экономика демократи лагерьне кĕрекен çĕршывсем хуçалăх тĕлĕшĕнчен туслă сыхăну тытнине палăрса тăрать.

Тепĕр çул вăл—капитализм экономикин çулĕ. Унăн производительнăй вăйĕсем пĕр вырăнтах тăраççĕ. Çак экономика капитализмăн ытларах та ытларах тарăнланса пыракан пĕтĕмĕшле кризисĕн хĕскĕчĕнче тапаçланать. Ку çул—экономикăна милитаризацилемелли, производствăна пĕр енлĕ аталантармалли, унăн вăрçă валли ĕçлекен отраслĕсене çеç аталантармалли çул, пĕр çĕршывсене теприсем пусмăрламалли çул. Капитализмла экономика общество интересĕсемшĕн мар аталанса пырать, çĕршыври халăхăн пысăкрах пайне эксплуатацилесе, ĕхăнтарса тата чухăнлатса, ытти çĕршывсенчи, уйрăмах кая юлнă çĕршывсенчи халăхсене пусмăрласа тата пĕрмаях çаратса, юлашкинчен вăрçăсем кăларса тата халăх хуçалăхне милитаризацилесе, капиталистсем валли чи пысăк услам илмелле тăвас енĕпе аталанса пырать.

Икĕ тĕнче—икĕ тĕрлĕ пурнăç. Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче промышленноçпа ялхуçалăхĕ, культурăпа искусство халăх ырлăхĕшĕн аталанса пыраççĕ. Капитализмла çĕршывсенче пачах урăхла. Унта выçлăх, чухăнлăх, тĕттĕмлĕх. Унта пуç пулса тăракан капиталистсем пĕтĕм хуçалăха халăха пусмăрлас, ăна чуралăхпа тĕттĕмлĕхре усрас, ытларах услам илес, колониллĕ тата пăхăнса тăракан çĕршывсене çаратас, ытларах та ытларах услам илме вăрçă чĕртсе ярас тĕллевпе тытса пыраççĕ.

Паян эпир Совет Союзĕнчи ĕççыннисемпе капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăçне кăтартса паракан материалсем пичетлетпĕр. «Социализм вăл—тулăх пурнăç тата мир» текен полосари материалсем пирĕн Тăван çĕршыври совет çыннисен савăнăçлă, телейлĕ, тулăх та культурăллă пурнăçне уççăн кăтартса параççĕ. «Капитализм вăл — выçлăх, асап тата вăрçă» текен полосари материалсем капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисен савăнăçсăр, телейсĕр, тĕттĕм те асаплă пурнăçне кăтартса параççĕ. Капитализмла çĕршывсенче темиçе вуншар миллион ĕççыннисем ĕçсĕр пурăнаççĕ, вĕренеймеççĕ, сывлăхне сыватаймасăр тата выçăпа пиншерĕн вилеççĕ. Капиталистсем чи пысăк услам илес тесе, çамрăксене вăрçăра вĕлерсе пĕтерме, çĕнĕ вăрçă чĕртме хатĕрленеççĕ.

Совет çĕршывĕнче, халăх демократи çĕршывĕсенче кашни ĕççынни хăйĕн пултарулăхĕпе хастарлăхне, творчествăлла пултарулăхне анлăн палăртаççĕ. Совет çĕршывĕнчи ĕççыннисем çĕнĕ пурнăç тăвакансем пулса тăраççĕ, вĕсен ĕçĕпе, вĕсен хастарлăхĕпе, творчествипе коммунизмла обществăн илемлĕ çурчĕ ÿссе пырать. «Рабочисем тата хресченсем,—тенĕ Сталин юлташ,—шавламасăр тата çуйăхмасăр заводсем тата фабрикăсем, шахтăсем тата чугун çулсем, колхозсем тата совхозсем тăвакансем, пурнăçăн пĕтĕм ырлăхне туса пыракансем, пĕтĕм тĕнчене тăрантаракансем тата тумлантаракансем, — акă камсем çĕнĕ пурнăç тăвакансем тата паттăрсем».

Совет халăхĕн аслă тĕллевĕ — хамăр çĕршывра коммунизмла общество туса çитерес тĕллев—пирĕн халăха иксĕлми вăй-хăват кÿрет, унăн ĕçри хастарлăхĕпе пуçарулăхне пĕрмай ÿстерсе пырать. Пирĕн халăх Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра нихçанхинчен те тачăрах пĕтĕçсе тăчĕ. Парти ертсе пынипе, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана иртерсе тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса ячĕç. Халăх хуçалăхне çĕнĕ хăватпа çĕклентерессишĕн, халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурине малалла ÿстерессишĕн пирĕн çĕршыври рабочисем, колхозниксем, интеллигенци, мĕнпур ĕççыннисем хăйсен вăй-хăватне хĕрхенмесĕр кĕрешеççĕ. Пирĕн халăх миршĕн кĕрешес ĕçре халăхсен пĕрлĕхне çирĕплетме, миршĕн тăракансен ретне нумайлатма тата пĕтĕçтерме тăрăшать. Вăл çакна лайăх пĕлет: «Мире сыхласа хăварас ĕçе халăхсем хăйсен аллине илсен тата вĕсем ăна вĕçне çитиех хÿтĕлесе тăрсан, мир сыхланса юлĕ тата тĕрекленĕ».

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн халăх çĕнтерÿллĕн малалла утать.

## Утакан çĕнĕ экскаваторсем

ВОЛЖСКИ ПОСЕЛОКĔ (Сталинград облаçĕ), апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Сталинградгидростройăн» монтаж площадкинче виçĕ кубометрлă утакан экскаваторсем пухаççĕ. Çав экскаваторсене Ново-Краматорскри Сталин ячĕпе тăракан заводран илсе килнĕ. Монтажниксем, Май уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, пысăк çитĕнÿ тунă. Вĕсем хăватлă виçĕ машинăна пухса çитернĕ. Машинăсене Шидлун, Жаров тата Рыжов машинистсен экипажĕсене панă. Çĕнĕ машинăсемпе гидроэлектростанци çурчĕ пулмалли вырăнта котлован чавнă çĕрте ĕçлеççĕ.

Халĕ тата икĕ экскаватор пухаççĕ. Вĕсене Майăн 1-мĕшĕччен пухса пĕтереççĕ.

## Халăхсен мире хÿтĕлес енĕпе пулнă Конгресĕ уйăрнă Комиссин çырăвĕ çине Совет Правительстви панă ответ

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов апрелĕн 27-мĕшĕнче Париж хулине, Халăхсен мире хÿтĕлес енĕпе пулнă Конгресĕ уйăрнă Комиссие Совет Правительствин ответне ярса панă. Асăннă Комисси СССР, США, Китай Халăх Республики, Великобритани, Франци Правительствисене пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвас тĕллевпе калаçусем ирттерме сĕннĕ пулнă.

Аялтарах Совет Правительствин ответне пичетлетпĕр:

«Халăхсен мире хÿтĕлес енĕпе пулнă Конгресĕ уйăрнă комиссие:

**Фредерик Жолио-Кюрие** (Франци), **Иозеф Виртăна** (Германи), **Пьетро Ненние** (Итали), **Изабелла Блюма** (Бельги), генерал **Буисбаума** (Бразили), **Чэн Шен-юна** (Китай), **Пьер Кота** (Франци), **Николай Тихонова** (СССР), **Илья Эренбурга** (СССР), пастор **Эндикотта** (Канада), **Моника Фелтона** (Англи), **Дж. Б. Фиггинса** (Англи), пастор **Форбенка** (Норвеги), **Ивашкевича** (Польша), генерал **Харана** (Мексика), **Горо Хание** (Япони), **Китчлуна** (Инди), **Мао Дуне** (Китай), **Ма Инь-чуна** (Китай), **Сеза Набравие** (Египет), **Джузеппе Ниттие** (Итали).

Хисеплĕ господинсем!

Совет Правительстви кăçалхи мартăн 27-мĕшĕнче Комисси хушнипе доктор Иозеф Вирта, Пьетро Ненни, Фредерик Жолио-Кюри ярса панă Сирĕн телеграммăна, Халăхсен мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕ Совет Союзĕ, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем, Китай Халăх Республики, Великобритани тата Франци хушшинче Мир Пакчĕ тăвасси çинчен Чĕнсе каланипе пĕрле ярса панă телеграммăна, илчĕ.

СССР Правительстви, халăхсем хушшинчи мире тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине тĕреклетес политика тытса пырать, çавăнпа та вăл Халăхсен мире хÿтĕлес енĕпе пулнă Конгресĕ Чĕнсе каланипе, унти сĕнÿпе пĕтĕмпех килĕшет.

Совет Правительстви çапла шутлать: интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕринпе калаçса татăлнă тăрăх мирлĕ йĕркепе татса пама май килмен е татса парайман тавлăшуллă ыйту çук. Çакна май Совет Правительстви пĕтĕм тĕнчери мире тата халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăха тĕреклетмелли аслă тĕллевсем патне çитес тĕлĕшпе ытти государствăсен Правительствисемпе килĕштерсе ĕçлеме хăй яланах хатĕр тăни çинчен пĕлтерет.

**Совет Правительстви хушнипе**

**В. МОЛОТОВ,**

**СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ».**

Социализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе вăл хушнисене çакăн пекрех каласа пама пулнă пулĕччĕ: социализмла производствăна çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче вĕçĕмсĕр ӳстерсе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси.

(И. В. СТАЛИН).

# Социализм вăл—тулăх пурнăç тата мир

* *

## ЭТЕМ ЫРЛĂХĔШĔН

Этемлĕхĕн сутă ăс-тăнлă ывăлĕсем нумай ĕмĕрсем хушшин ĕмĕтленни чи малтан пирĕн Совет çĕршывĕнче пурнăçа кĕчĕ.

Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем халĕ ĕнтĕ хăйсен куçĕпе çакна лайăх кураççĕ: Октябрьти Социализмлă аслă революци чăннипех те чи тĕрĕс революци пулчĕ, пирĕн Совет влаçĕ чăннипех те чи тĕрĕс власть пулса тăрать.

Пирĕн революци ĕçсыннисене ирĕклĕх панипе кăна çырлахман, вăл пуян та ырă пурнăç тума пур майсене те панă.

Паллах, этем ырлăхĕпе телейĕ хăй тĕллĕн пулмасть. Ăна кĕрешӳре, ĕçре çĕнтерсе илмелле.

Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн пирĕн халăх граждан вăрçинче сахал мар юн тăкса кĕрешрĕ. Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн эпир хамăрăн çĕршывра аслă Сталинăн индустриализаципе коллективизаци политикине пурнăçа кĕртрĕмĕр. Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн эпир Аслă Отечественнăй вăрçăра гитлерла фашизма çапса аркатрăмăр. Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн эпир, тар юхтарса ĕçлесе, вăрçă хыççăн юхăнса юлнă хуçалăха юсаса ура çине тăратрăмăр. Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн эпир Совет государствин мир политикине çирĕп тытса пыратпăр. Этем ырлăхĕпе телейĕшĕн эпир Атăл çинче, Дон çинче, Днепр çинче, Аму-Дарья çинче коммунизмăн аслă стройкисене тăватпăр, çеçенхирсемпе пушхирсенче садсемпе вăрмансем чĕртетпĕр, çĕнĕ шыв çулĕсем уçатпăр, çĕнĕ тинĕссем тăватпăр.

Аслă Сталинăн гениллĕ ăсĕ пире социализмăн тĕп законне уçса пачĕ. Пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерсе пырасси!—акă мĕнре пирĕн социализмла производствăн тĕллевĕ, пирĕн мĕнпур кĕрешӳпе ĕçсен пĕлтерĕшĕ. Çак закона пирĕн çĕршывра пĕчĕк пионертан пуçласа ватă çын таран кашни питех те лайăх ăнланать. Çак закона халĕ ĕнтĕ совет çыннисем кăна мар, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем те лайăх ăнланаççĕ. Халăх демократиллĕ çĕршывсенчи ĕçсыннисем çав закон тăрăх хăйсен пурнăçне пирĕн майлă туса пыма вĕренеççĕ. Капитализмла çĕршывсенчи ĕçсыннисем, пирĕн пурнăçа курса тăрса, пусмăрçăсене хирĕç кĕрешĕве çĕкленеççĕ.

Этем ырлăхĕпе телейĕ!

Мĕн тери уçăмлă та паллă сăмахсем!

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви хăйсен пĕтĕм ĕçне пĕр тĕллеве—совет халăхĕн пурнăçне куллен-кун лайăхлатса, пуянлатса, культурăлатса пырас тĕллеве пăхăнтараççĕ. Совет халăхĕн ырлăхĕпе телейĕшĕн кĕрешесси—пирĕн партипе государствăн чи хисеплĕ, чи мухтавлă, чи аслă ĕçĕ.

Совет халăхĕ—тĕнчери чи пуян халăх. Çĕрсем, вăрмансем, фабрикăсемпе заводсем, çĕр айĕнчи пуянлăхсем, мĕнпур ĕç хатĕрĕсем—пĕтĕмпех халăх аллинче, ĕçсыннисен государстви аллинче. Çын ĕçĕпе, çын вăйĕпе пурăнакансем пирĕн обществăра çук. «Кам ĕçлемест, çав çимест!» Çак сăмахсене халăхсен ылтăн кĕнеки — Сталинла Конституци çине çырса хунă.

Пирĕн партипе правительство хăйсен кашни çĕнĕ ĕçне, хуçалăхпа политикăри кашни çĕнĕ утăмне ĕçсыннисен пурнăçне татах та ытларах лайăхлатассишĕн, вĕсен ырлăхĕпе телейĕшĕн туса пыраççĕ.

Совет халăхĕн пурнăçĕ лайăхланса пынине чи малтан пирĕн наци тупăшĕ пĕрмаях ӳссе пыни кăтартса парать. Тĕслĕхрен, 1940—1951 çулсем хушшинче Совет Союзĕн наци тупăшĕ 83 процент чухлĕ ӳснĕ. Пирĕн наци тупăшĕн тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ ĕçсыннисен материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтернĕ çĕре каять, ыттине вара — тăваттăмĕш пайне — эпир хамăрăн социализмла производствăна малалла сарса пынă çĕре, пĕтĕм государствăпа общество ыйтăвĕсене тивĕçтернĕ çĕре хыватпăр. Капитализмла çĕршывсенче пачах та урăхла. Унта наци тупăшĕн çуррине ытла пусмăрçăсем, харампырсем илсе тăраççĕ.

Совет Союзĕнчи ĕçсыннисен тупăшне ӳстерсе пымалли çăлкуçĕсем иксĕлми хăватлă.

Акă кăçал Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсен хакне çĕнĕрен — вăрçă хыççăн улттăмĕш хут — йӳнетме йышăнчĕç. Çакă вăл ĕçсыннисене 1953 çулта 53 миллиард тенкĕ перекетлеме май парать.

Хула урамĕсене тухса çӳротĕн-и е ялта пулатăн, пур çĕрте те пирĕн ĕçсыннисем лайăхрах та илемлĕрех тумланма пуçланине куратăн. Халăх пуянрах та культурăллăрах пурăнма тытăнчĕ, унăн апат-çимĕçĕ те çултан-çул лайăхланса, тутлăланса пырать. Çавна май ĕçсыннисен сывлăхĕ çултан-çул ытларах çирĕпленет. Пирĕн çултан-çул ачасем ытларах çуралаççĕ, çынсем сахалтарах вилеççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ виçĕ çул хушшинче çĕршыври халăх йышĕ 9 миллион та 500 пин çын чухлĕ хутшăннă. Урăхла каласан, пирĕн кашни çул халăх йышĕ пĕр Финлянди çĕршывĕнчи мĕнпур халăх йышĕ чухлĕ ӳссе пырать.

Халăх сывлăхне сыхлассишĕн, ĕçсыннисене вĕрентсе çутта кăларассишĕн пирĕн государство нимĕн те хĕрхенсе тăмасть, çак ĕçсене тума вăл çултан-çул ытларах укçа-тенкĕ парать. Хуласемпе ялсенче çулсерен çĕнĕ больницăсем, çĕнĕ шкул çурчĕсем ӳссе лараççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче кăна Совет Союзĕнче 23.500 шкул тунă. Пирĕн çĕршыври мĕнпур йышши шкулсенче халĕ 57 миллион çын вĕренет. Вĕрен, ĕçле, кан, унтан тата хастарлăрах ĕçле! Пур ырлăхсем те—саншăн, ĕçсыннишĕн!

Мĕн тери нумай пулăшу илеççĕ тата ĕçсыннисем тĕрлĕрен пенсисемпе пособисем тăрăх!

Çаксем пурте вĕсем—халăх ырлăхĕпе телейĕшĕн туса пыракан ĕçсем!

Капитализмла çĕршывсенче ĕçсыннисен пурнăçĕ пачах та урăхла. Пирĕн патра хĕвел тĕнчи пулсан, унта—тĕттĕмлĕхпе чуралăх тĕнчи. Унта агрессиллĕ çарсене хĕçпăшаллантарас тесе, ĕçсыннисем çине хуракан налогсене çултан-çул ӳстерсе пыраççĕ, ĕç укçине çултан-çул чакараççĕ, тавар хакĕсене çултан-çул хăпартаççĕ. Унта ĕçсыннисене кашни утăмра çаратаççĕ. Атом бомбисем, танксемпе тупăсем, чумапа халер чирĕсен бактерийĕсем тата çын вĕлермелли ытти нумай тĕрлĕ ирсĕр те киревсĕр япаласем,—вĕсем, паллах, этем ырлăхĕпе телейĕшĕн тунă япаласем мар! Этемĕн тивĕçлĕхне, халăхсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне буржуази хальхи вăхăтра долларла сутать. Америка империализмĕ мĕнпур этемлĕхе юнпа пылчăк ăшне путарса лартма хапсăнать.

Капитализмăн ирсĕр тĕнчине курса тăнă чухне, пирĕншĕн, совет çыннисемшĕн, хамăр çĕнтерсе илнĕ ырлăхпа телей татах та хаклăрах, татах та çутăрах туйăнать. Хамăрăн пурнăçа татах та ытларах лайăхлатас тесе, эпир пĕтĕм вăя хурса ĕçлетпĕр. Совет çыннисен ĕçри хастарлăхĕ, вĕсен ĕç тухăçлăхĕ кунтан-кун хăватлăн ӳссе пырать, социализмла ăмăрту хумĕ кунтан-кун вăйлăнрах саралать.

Умра пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен аслă уявĕ—Майăн пĕрремĕшĕ. Хĕвеллĕ çурхи кунсем пуçланчĕç. Аслă Атăл тулса хăпарчĕ, вăл пулас Шупашкар тинĕсĕ çинчен ытларах та ытларах ĕмĕтлентерет. Йывăççем çулçă кăлараççĕ, чечеке лараççĕ. Хирте калчасем ешереççĕ. Пĕтĕм çĕршыв хĕл ыйхинчен вăранса чĕрĕлет. Сывлăш уçă, таса. Кăкăрта вăй хушăнать, хул-çурăм çĕкленет. Савăнса, юрласа ĕçлес килет—халăх ырлăхĕшĕн, халăх телейĕшĕн, коммунизмăн çутă ирĕшĕн!

Аркадий ЭСХЕЛЬ.



Тулăх та культурăллă пурăнать совет çынни. Ăна ĕçсĕр тăрса юласси хăратмасть. Тавар хакĕсене темиçе хут йӳнетнине пула, ĕç укçи чылай ӳснĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти «Стройдеталь» заводра ĕçлекен столяр Н. З. Ядрихинский çемйи килте.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## КОЛХОЗРИ ТУЛĂХ ПУРНĂÇ

Пирĕн колхоз уй-хирĕ, çаранĕ пурĕ 1.438 гектар. Унта 10 уйлă пусă çаврăнăшĕ йĕркеленĕ. Ялхуçалăхĕнчи чылай ĕçсене МТС вăйĕпе тăватпăр. Пĕлтĕр колхоз пĕтĕмпе 7.245 центнер тĕштырă пухса кĕртрĕ. Садран, техникăлла культурăсенчен, ялхуçалăх продукчĕсенчен колхоз 253 пин тенкĕ укçа илнĕ. Пĕлтĕр водопровод, кормокухня çурчĕ, çавăн пекех 400 сурăх, 40 пăру, 60 тиха вырнаçмалăх виçĕ вите тунă.

Колхозниксем кашни ĕçкунĕ пуçне 3-шер килограмм тĕштырă, 2 килограмм çĕрулми, 4 килограмм улăм тата 87 пус укçа илчĕç. И. Степанов колхозник çемйи, тăваттăн ĕçлесе, 225 пăт ыраш, тулă, пăрçа тата урпа, 1.044 тенкĕ укçа илчĕ. И. Петров колхозник çемйи, иккĕн ĕçленипе 108 пăт, М. Фадеева колхозница пĕччен 103 пăт тĕштырă илнĕ. Çĕршер пăт тырă илнĕ колхозниксем кунта вуншар шутланаççĕ.

Колхоз хуçалăхĕ вăйланса пынипе колхозниксем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче кăна 9 хуçалăх пысăк та çĕнĕ пӳртсем лартрĕç, 11 хуçалăх кăçал лартма пурасем хатĕрленĕ. Кашни колхозникăн ĕне, ытти выльăх-чĕрлĕх пур.

Колхозниксем çултан-çул промышленность таварĕсем ытларах та ытларах туянаççĕ. Велосипед, çĕвĕ машини, патефон, лайăх та хаклă йышши пир-авăр колхозниксемшĕн халĕ куллен кирлĕ япалсем пулса тăчĕç.

А. ЗОРИН.

Красноармейски районĕнчи «Путь Ленина» колхоз.

## *Государство пулăшăвĕ*

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Нумай ачаллă хĕрарăмсемпе вăрçă инвалидĕсене тата ватă пирки ĕçлейми пулнă çынсене государство çулсеренех пысăк пулăшу парса тăрать. Акă пирĕн районти Мăн Этмен ял Советĕнчи нумай ачаллă хĕрарăмсем уйăхсерен виçĕ пин тенкĕ ытла пулăшу илсе тăраççĕ. Март уйăхĕнче кăна нумай ачаллă хĕрарăмсене 3.845 тенкĕ укçа панă. Е. Ярабаева, А. Сергеева колхозницăсем кашни уйăхра 170-шер тенкĕ, П. Михеева, Н. Немешкина тата ытти чылай хĕрарăмсем кашни уйăхра çĕршер тенкĕ пособи илсе тăраççĕ. Кунсăр пуçне ватăлса ĕçлейми пулнă колхозниксем уйăхра икĕ пин тенкĕ таран укçа илеççĕ.

— Тавар хакĕсене улттăмĕш хут йӳнетни вăл пире государство паракан пособи укçи чылай ӳснине пĕлтерет. Çапла вара эпир апат-çимĕç продукчĕсемпе промышленность таварĕсем темиçе хут ытларах илекен пултăмăр. Хамăр ачасене лайăх пăхса ӳстеретпĕр,—теççĕ кунти нумай ачаллă хĕрарăмсем.

П. ГОЛИЦЫН.

## ЧĔРЕРЕН ТАВ ТĂВАТĂП

Пĕлтĕр эпĕ туберкулезпа чирлерĕм. Районти больницăна кайрăм та мана çак чиртен сыватакан уйрăм больницăна вырнаçтарчĕç. Кунта таса та çутă. Кашни çын валли уйрăм койкăсем. Чирлисене тутлă апат-çимĕç параççĕ. Усламçу, хăйма, булка, кофе, какао... Мĕн кăна çитермеççĕ пулĕ унта!

Врачсем вара кашни çынна сыватассишĕн чунтан тăрăшаççĕ. Ирхине те, кăнтăрла та, каçхине те сывлăха тĕрĕслеççĕ, эмелсем параççĕ. Больницăри врачсемпе санитаркăсем чирлĕ çынсене çав тери хисеплесе пăхаççĕ, ăшă сăмахсем каласа хавхалантараççĕ.

Чылай выртнă хыççăн эпĕ больницăран таса, сывă çын пулса тухрăм. Киле тухса килес умĕн турттарса пăхрĕç те, эпĕ больницăра çичĕ килограмм хушăннă. Больницăра выртнăшăн, сыватнăшăн манран никам та пĕр пус та илмен.

Ĕçсыннисен сывлăхĕшĕн çакăн пек тăрăшни вăл пирĕн, социализмла çĕршывра кăна пулма пултарать. Капитализмла çĕршывра ман пек çынсем нихçан та сывалайман пулĕччĕç. Халăхшăн, вĕсен сывлăхĕшĕн тăрăшнăшăн эпĕ партипе правительствăна чун-чĕререн тав тăватăп.

Х. ЕГОРОВ.

Çĕрпӳ районĕнчи Первомайски ялĕ.

## Цифрăсемпе фактсем

Тавар хакĕсене йӳнетни ĕçсыннисене 1951 çулта 27,5 миллиард тенкĕ, 1952 çулта—23 миллиард тенкĕ укçа перекетлеме май панă. Тавар хакĕсене кăçал çĕнĕрен йӳнетни 53 миллард тенкĕ перекетлеме май парать.

* * *

Совет Союзĕнче юлашки пилĕк çул хушшинче тавар хакĕсем, пĕтĕмĕшпе илсен, 50 процент йӳнелнĕ.

* * *

Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем государствăран тĕрлĕ çăмăллăхсем, пенсисемпе пособисем тата ытти тӳлевсем 1940 çулта 40,8 миллиард тенкĕ, 1951 çулта—125 миллиард тенкĕ, 1952 çулта 129 миллард тенкĕ илнĕ.

* * *

Пирĕн республикăран пĕлтĕр курортсемпе санаторисенче тата канмалли çуртсенче профсоюзсем енĕпе кăна 7.500 çын ытла каннă. Совет Союзĕнче вара пурĕ 2,8 миллион çын каннă.

Пĕлтĕр пирĕн республикăра профсоюзсем уçнă пионер лагерĕсемпе санаторисенче кăна çуллахи вăхăтра 6 пине яхăн ача пулнă.

* * *

Республикăри больницăсемпе ача çуратмалли çуртсенче койкăсен хисепĕ ӳссех пырать. 1952 çулта больницăсемпе койкăсен хисепĕ, 1913 çулхипе танлаштарсан, 8 хут, фельдшерпа акушер пункчĕсем тата трахомăпа сивчире хирĕç кĕрешекен пунктсен хисепĕ 80 хут ӳснĕ. Çав вăхăт хушшинчех фельдшерсемпе медицина сестрисен хисепĕ 49 хут, врачсен хисепĕ 20 хут ӳснĕ.

* * *

Революциччен ача учрежденийĕсемпе хĕрарăмсен консультацийĕсем пĕрре те пулман. Халĕ пирĕн республикăра 74 консультаци, 47 ялхи ясли ĕçлет.

* * *

Юлашки виçĕ çул хушшинче пирĕн çĕршывра халăхсен хисепĕ пурĕ 9 миллион та 500 пин çын ӳснĕ.

* * *

Пирĕн республикăра 3 аслă шкул, тĕрлĕ специалистсем вĕрентсе хатĕрлекен техникумсемпе училищĕсем 22. Вĕсенче 9.238 çын вĕренет. Специалистсем вĕрентсе кăларакан шкулсенчен вăрçă хыççăнхи çулсенче 13.386 çын вĕренсе тухнă.

* * *

Республикăра шкулсен хисепĕ ӳссех пырать. Вăрçă умĕнхи сталинла пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче çĕнĕрен 95 шкул уçнă. Юлашки виçĕ çул хушшинче 17 шкул валлă çĕнĕ çурт лартнă.

* * *

Юлашки икĕ çул хушшинче Шупашкарта пурăнмалли çуртсем 5.654 тăваткал метр чухлĕ туса лартнă. Пĕлтĕр республикăра 12.020 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çурт тунă.

* * *

Совет Союзĕнче халĕ тĕрлĕ шкулсенче 57 миллион çын вĕренет, 1940 çулхипе танлаштарсан, 8 миллион çын нумайрах. Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн çĕршывра 23.500 шкул тунă.

## КУНТА РАБОЧИСЕМ ПУРАНАÇÇĔ



Республикăри хуласемпе ялсенче пурăнмалли çĕнĕ çуртсем лартасси çултан-çул ӳссе пырать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарта пир-авăр комбинатĕнчи рабочисемпе работницăсем пурăнакан çĕнĕ çуртсем.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Совет çыннин çемйинче

Чугун çул станцинчен Шупашкара килнĕ чухне Карл Маркс урам вĕçĕнчи виçĕ-тăватă хутлă чул çуртсене пурте юратса пăхаççĕ. Вĕсене архитектура тĕллĕшĕнчен илемлетсе тунă, çӳлти хутсенче—балконсем. Çуллахи вăхăтра пӳрт умĕнче чечексем ешĕреççĕ, урама асфальт сарнă. Пӳрте кĕрсен çакна куратăн — кашни çемье валли икĕ-виçĕ пӳлĕм, кухня, кладовой тата ытти те. Пӳлĕмсенче таса та çутă, ăшă. Стенасене штукатурланă, урайсене сăрланă. Çакăнта, кермен пек илемлĕ çуртсенче, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри рабочисем пурăнаççĕ.

Акă вăхăт пилĕк сехет çитрĕ. Завод кăшкăртни кăнтăрлахи смена ĕçрен тухнине пĕлтерчĕ. Тепĕр самантран завод хапхинчен ĕçрен пушаннă рабочисемпе работницăсем хаваслăн калаçса тухрĕç. Ĕç кунĕ ăнăçлăн вĕçленнĕрен-и е уяв çывхарса килнипе пурте хаваслă, пурте тулли кăмăллă. Пĕрисем завод хапхи умнех пырса чарăннă автобуссем çине ларса кайрĕç, теприсем хăйсен мотоциклечĕсем, велосипечĕсем çине ларса вĕçтерчĕç. Часах завод хапхи умĕнче 10—12 çын кăна калаçса юлчĕç.

— Андрей Васильевич, заводпа юнашарах пурăнмасан эпир те киле машинăпа çӳреттĕмĕр ĕнтĕ. Эсĕ, тен, «Москвичне» те илеттĕн пулĕ. Халĕ акă, çуран çӳретпĕр,—тет ватă рабочи Николай Иванович.

— Юнашарах пурăнни аван-ха вăл. Эпĕ «Москвич» мар, «Победа» автомашина илме ĕмĕтленетĕп. Заводран хваттере çеç çӳреме мар, Николай Иванович, ĕлĕкхи пурнăçра атте лаша тытса курайманнишĕн тарăхса пур çĕре те машинăпа çӳресшĕн. Пулнă вĕт вăхăт. Ĕмĕр ĕçленĕ вăл, ĕмĕр тăрăшшипе асапланса ĕçленĕ, çапах та хăй те, ачисем те тăраниччен çисе курайман,—тет унпа калаçса тăраканĕ.

Андрей Васильевич Кузнецов заводри паллă газосварщик. Эпир заводра вăл ĕçлекен металлурги цехĕнче пĕрре çеç мар пулнă.

...Цехăн газпа шăратса çыпăçтараканн—газосварщиксем ĕçлекен уйрăмĕ. Кунта тĕрлĕ катушкăсем, цокольсем çумне гайкăсем е аппаратăн ытти тĕрлĕ пайĕсене шăратса çыпăçтараççĕ. Кăвак куçлăх, спецовка тăхăннă рабочи, куç умĕнче тĕрлĕ тĕслĕ вут-хĕм сирпĕннине пăхмасăр, йĕркеллĕн ĕçлет. Унăн алли витĕр чи паха, чи ответлă заказсем тухаççĕ.

— Вăл малтан слесарь пулнă. Пирĕн завода килсенех электросварщик, халĕ газосварщик пулса ĕçлет. Пĕр браксăр ĕçлет, пĕтĕм ĕçе питĕ лайăх тăвать. Производствăра яланах тĕслĕ металсемпе кăна ĕçлеме тивет. Çавăнпа кашни грамм метала перекетлеме тăрăшать. Куçĕсем çивĕч унăн, аллисем ылтăн,—тенĕччĕ ун чухне пире цех начальникĕ стахановец мĕнле ĕçленипе паллаштарса. Акă халĕ эпир унпа пĕрле утатпăр.

— Сире, яланхи пекех, эпĕ мĕнле ĕçлени интереслентерет пулĕ-ха. Март уйăхĕнчи задание 263 процент тултарнă, халĕ, уяв умĕнхи ăмăртура, унтан та ытларах пулать,—терĕ вăл.

Эпир сăмаха урăх ыйту çине куçарса, хамăр шухăша каласа паратпăр.

— Питĕ хавас, киле, хваттере кайса калаçса ларăпăр. Акă манăн çемье çак пысăк çуртра 16-мĕш хваттерте пурăнать, 50 утăм кăна, кайăпăр,—терĕ вăл хаваслланса.

Андрей Васильевич шăпах эпир çӳлте асăннă Карл Маркс урамĕнчи 73-мĕш çуртра пурăнать иккен.

Хваттер алăкĕ патне çитсен Андрей Васильевич кнопкăна пусрĕ те шалта электрозвонок шăнкăртатрĕ. Часах шалта 3—4 çулхи ача сасси илтĕнчĕ.

— Анне, атте килчĕ,—кăшкăрса ячĕ ачи алăка уççанах...

Андрей Васильевич çăвăнса тата çипуça улăштарма тухнă вăхăтра эпир хваттерпе çиелтен паллашрăмăр. Каланă пекех икĕ пӳлĕмлĕ хваттер. Таса та çутă, пур çĕрте те тирпейлĕхе куратăн. Пĕр кĕтесре шифоньер, комод çинче çĕвĕ çĕлемелли машина. Пĕр сĕтел çинче кĕнекесемпе тетрадьсем. Никеллесе сутатнă икĕ койка. Таса та тирпейлĕ вырăнсем. Ешĕрекен чечексем. Стена çинче портретсем. Пурте кирлĕ, йĕркеллĕ, вырăнта.

— Çемье пысăках мар манăн. Авланни нумаях пулмасть. Арăм, Анастасия Семеновна, халлĕхе ĕçлемест-ха. Ачасем иккĕ—хĕрĕ ку Альбина, ывăлĕ Валерий ятлă. Эрне каярах виçĕ кустăрмаллă велосипед илсе патăм.

— Ачисем сывах ӳсеççĕ, чирлемеççĕ. Халĕ апат-çимĕçĕ ĕлĕкхи мар, мĕн кирлине пурне те илсе çитеретпĕр,—каласăва хутшăнать Анастасия Семеновна.

— Юлашки çулсенче аш-какайран, çу-çăмартаран, тулă çăнăхĕпе кĕрпе-макаронран е ытти тĕрлĕ çимĕçсенчен татăк ларман эпир. Магазинĕсем те юнашарах пирĕн. Халĕ пурнăçĕ те хăвăрт улшăнса пырать. Хакĕсем çулсерен йӳнеслеççĕ, çав вăхăтрах таварĕсем нумайланса пыраççĕ. Çĕршыв пуянлансах пырать. Çакна эпир таçта мар, хамăр сĕтел çинче кашни апатра куратпăр, туятпăр.

А. В. Кузнецов 1930 çулта, 19 çулхи çамрăк, пĕр завода слесарь-водопроводчик пулма вĕренме кĕнĕ. Завод коллективĕ ăна хăй юратнă специальноçа вĕренме пулăшнă. 1941 çулччен вăл Мускаври, Владивостокри тĕрлĕрен пысăк строительствăсенче ĕçленĕ. 1936 çулта, чи лайăх слесарь тесе, газосварщик ĕçне вĕренме янă. Çулталăк вĕреннĕ хыççăн çиччĕмĕш разрядри газосварщик пулса тăнă. 1941 çулта фронта кайнă та унта вăрçă пĕтиччĕнех çапăçнă, темиçе награда илме тивĕçлĕ пулнă. 1946 çулта демобилизаципе киле таврăннă. Çав кунсенче вăл çар тумне тăхăнса çӳрекен Анастасия Семеновăпа паллашнă.

— Иксĕмĕрĕн пĕтĕм пурлăхĕ пĕрер пĕчĕк чăматан пулнă ун чухне. Мĕнех кирлĕ пулнă çамрăксене—çире лайăх çипуç, апат-çимĕçĕ—столовăйĕнче. Çитменнине манăн, ĕçе пула, пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçса çӳреме тивнĕ. Чашăк-тирĕксемпе самоварсем, диваксем çинчен шухăшламан. Авлансан, çемьеллĕ пулсан çеç хуçалăх çинчен шухăшлама пуçларăмăр. Акă халĕ, мĕн сирĕн куç умĕнче, çавсене пурне те юлашки тăвата-пилĕк çул хушшинче туяннă.

— Унсăр пуçне кĕпе-тумтир, атă-пушмак сахал илнĕ-и тата. Пĕлтĕр иксĕмĕре валли пĕрер пальто çĕлетнĕ. Ачасене, хамăра валли кирлĕ япаласем сахал мар туяннă.

— Тавар хакĕсене малтанхи хут йӳнетнĕренпе укçа-тенкĕ ытлашшипех тыткалакан пултăмăр. Халĕ шурă çăкăрсăр апат çимен, сахăрсăр, печенисемсĕр чей ĕçместпĕр. Укçа-тенкĕ чылай перекетленекен пулчĕ. Акă, хăвна 4—5 çул каярах заводри столовăйĕнче кăнтăрла апатланма 5—6 тенкĕ кирлĕччĕ. Халĕ 3—4 тенкĕлĕх илетĕн те çисе яраймастăн, пĕр апатра мĕн чухлĕ перекетленет, — тет Анастасия Семеновна.

— Государство сире лайăх хваттер панă. Ăна пăспа ăшăтаççĕ, темиçе электролампочка çунать, хваттере водопровод кĕртнĕ. Кухня пур, радиоприемник. Çаксемшĕн нумай тӳлетĕр-и? — ыйтрăмăр эпир.

— Шутласа пăхрăмăр. Икĕ çулшăн та 1.600 тенкĕ çеç тӳленĕ. Çакă вăл манăн пĕр уйăхри ĕç укçинчен кăшт кăна ытларах,—тет А. В. Кузнецов юлташ.

Андрей Васильевич отпуск вăхăтĕнче кашни çулах канмалли çуртра е санаторисенче пулать. Пĕлтĕр профсоюз завкомĕ Ессентукине кайма пĕр тӳлевсĕр путевка тата çул çинчи расходсем валли 650 тенкĕ укçа панă. Анастасия Семеновна ачисемпе пăрахутпа Атăл тăрăх кайса курса çӳренĕ.

А. В. Кузнецов лайăх ĕçлет, тулăх та культурăллă пурăнать кăна мар, вăл хăйĕн политикăлла пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе тăрăшса вĕренет.

— Пĕр занятирен юлмасть, нумай вулать, лайăх хатĕрленсе килет, активлă, ӳссе пыракан çын, — тет ун çинчен кружок руководителĕ Ф. Фомкин юлташ.

— Настя, хатĕрлен, паян Мускавран килнĕ лектор тĕнчери лару-тăру çинчен лекци вуласа парать. Цехра пĕлтерчĕç. Çавна кайса итлĕпĕр...

Эпир Кузнецовсемпе пĕрле анлă урама тухрăмăр.

— Уяв кунĕнче хăнана килĕр, кĕтетпĕр. Праçник кунĕсем пирĕн хăнасăр иртмеççĕ,—теççĕ вĕсем ăшшăн.

Н. МИНИН.

Кучухнехи капитализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе вăл хушнисене çакăн пекрех каласа пама пулнă пулĕччĕ: çĕршыври халăхăн ытларахăшне эксплуатацилесе, юхăнтарса тата чухăнлатса, ытти çĕршывсенчи, уйрăмах та кая юлнă çĕршывсенчи, халăхсене чуралантарса тата пĕрмаях çаратса, юлашкинчен, вăрçăсем кăларса тата халăх хуçалăхне вăрçă валли ĕçлеттерсе, — çаксемпе пысăкран та пысăк усламсем илес ĕçре усă курса, капиталистла чи пысăк услам илмелле тăвасси. (И. В. СТАЛИН).

# Капитализм — вăл выçлăх, асап тата вăрçă

## Цифрăсемпе фактсем

**АМЕРИКĂРА** ĕççыннисенчен тĕрлĕ налогсем сăптăрса илесси çултан-çул ÿссе пырать. 1940 çулта кашни çын пуçне 117 доллар, — 1945 çулта — 340 доллар налог илнĕ пулсан, 1952 çулта налог сумми кашни çын пуçне 557 доллара çитнĕ. Унти халăхăн налог тÿлеме, апат-çимĕç илме каякан укçаран темиçе хут ытларах кирлĕ. Сăмахран, 1951 çулта халăхран 75 миллиард доллар налог пуçтарнă пулсан, халăх 55 миллиард долларлăх кăна апат-çимĕç илме пултарнă.

* * *

**ЮГОСЛАВИРЕ** ĕççыннисен пурнăçĕ йывăрлансах пырать. Куллен кирлĕ тавар хакĕсем, вăрçăччентхипе танлаштарсан, 60—80 хут ÿснĕ. Юлашки темиçе уйăх хушшинче çăкăр, сахăр, сĕт, аш-какай, çăнăх, кĕрпе, пахча çимĕç тата ытти таварсен хакĕсем чылай ÿснĕ.

* * *

**АНГЛИРЕ** халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕ çултан-çул ÿсет. Пĕлтĕр çăнăх хакĕ 53—56 процент, аш-какайран тунă консервăсен хакĕ 30 процент ытларах ÿснĕ. Чей—33 процент, çу—20 процент, сыр—86 процент, çăкăр—25 процент, аш-какай—21 процент хакланнă.

Англире апат-çимĕçсене халĕ те карточкăсем тăрăх параççĕ. Пĕр акăлчана эрнере пурĕ те 250 грамм аш-какай, 113 грамм маргарин, 57 грамм çу, 28 грамм сыр тата 2 çăмарта памалла. Анчах чылай чухне çак çимĕçсене те памаççĕ.

* * *

**ФРАНЦИРЕ** çичĕ миллион çынăн хваттер çук. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Парижра пылчăклă, тăвăр, тĕттĕм кĕтессенче 175 пин пÿрт, 140 пÿрт пĕтĕмпех çĕрсе ишĕлсе анас патне çитнĕ. Халĕ Францире хваттерсĕр çемьесем 200 пин ытла. 650 пин пÿртре çынсем çапса хĕстернĕ пек тăвăррăн асапланса пурăнаççĕ.

* * *

**ИНДОНЕЗИРЕ** халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕсем 1938 çултанпа 30—40 хут ытла ÿснĕ. Çав вăхăтрах ĕç укçине 10—15 хут çеç ÿстернĕ. Портсенче ĕçлекенсем уйăхне вăтам шутпа 150—300 рупий ĕçлесе илеççĕ. Статистика даннăйĕсем тăрăх, пурăнма кирлĕ минимум уйăхра 950 рупий шутланать.

* * *

**КĂНТĂР АМЕРИКĂРА** пĕтĕм халăхăн ытларахăш пайĕ çурри выçă тата çав тери япăх условисенче пурăнать. Статистика палăртнă тăрăх, Латинла Америкăри çĕршывсенче выçă пурăнакансем 90 миллион çын ытла.

* * *

**ИРАНРА** халăх сывлăхне сыхлас ĕç калама çук япăх. Кунта 16 миллион çын пуçне пурĕ те 1.500 врач, Малайăра 60 пин çын пуçне пĕр врач тивет.

* * *

**ХĔВЕЛАНĂÇ ЕВРОПАРИ** çĕршывсенче юлашки виçĕ çул хушшинче, вăрçă хатĕрĕсем ытларах туса кăларма тытăннине пула, пурнăç питĕ йывăрланнă. 1949 çулхи сентябрьпе танлаштарсан, 1952 çулта пурнăç хакĕ Францире 45 процент, Норвегире—35 процент, Швецире—28 процент, Грецире—27 процент, Англире—22 процент, Голландире—21 процент ÿснĕ.







Ĕçсĕрлĕх, чухăнлăх, выçлăх — çакăн пек вăл капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăçĕ. Халĕ Италире ĕç тупайман çынсем икĕ миллион ытла, 3,5 миллион çын вăхăтран-вăхăта кăна ĕç тупма пултараççĕ. «Ытлашши çынсем» тесе çыраççĕ вĕсем çинчен буржуаллă хаçатсем. Акă Неаполь хулин урамĕ **(пĕрремĕш ÿкерчĕк).** Ĕç тупайман рабочи выçăпа урамрах кайса ÿкнĕ.

Америкăри монополистсем ĕççыннисене ытларах та ытларах пусмăрлама тăрăшаççĕ. Çавна хирĕç рабочисем забастовкăсем тăваççĕ. Вĕсем ĕç укçи ÿстерме, пурнăç условийĕсене лайăхлатма ыйтаççĕ. Пĕлтĕр 3.500 пин çын забастовка тунă. **Иккĕмĕш ÿкерчĕк** çинче Нью-Йоркри портра забастовка тунă рабочисен пикечĕ.

Колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăçĕ тата та йывăртарах. Вĕсене икĕ хут — хăйсен çĕршывĕнчи помещиксемпе капиталистсем тата колонизаторсем эксплуатацилеççĕ. Францири колонизаторсем Алжирти (Çурçĕр Африка) ĕççыннисене пусмăрласа асаплантарса çитерн. Ĕççыннисем выçăпа, тĕрлĕ чирсемпе асапланаççĕ, кил-çурт, хваттер çук пирки урамсенчех пурăнаççĕ. **Виççĕмĕш ÿкерчĕк** çинче чухăн арабсем Алжир урамĕнче.

## АСАПЛĂ ĔÇ

Капитализмла çĕршывсенчи рабочисем кану прави çинчен шухăшлама та пултараймаççĕ. Унта отпусксем памаççĕ, ĕççыннисем валли санаторисемпе кану çурчĕсем çук.

«Ĕçрен таврăннă хыççăн манăн кашăк йăтма та вăй çитмест, — тесе çырать Америкăри Форд автозаводĕнче ĕçлекен рабочи. — Часрах вырăн çине тĕшĕрĕлсе ÿкетĕп те йывăр ыйха путатăп».

Предприятисенче хăрушсăрлăх техникине пăхăнмаççĕ. Çавна пула тĕрлĕ чир-чĕр ернĕ, суранланнă çынсен хисепĕ 28 миллион çынна çитет».

28 миллион çын! Ку вăл Америкăра пурăнакансенчен пилĕк пайран пĕр пайĕ пулать.

Рабочи чирлесен ăна сыватассишĕн никам та тăрăшмасть. Врачсене укçа нумай тÿлеме тивет. Тасамарлăхсене тăкмалли вырăнсенче мĕн те пулин çимелли тупасшăн чакаланакан, выçă, çĕтĕк-çатăк тумланнă, урамрах выртса сывăракан миллионшар çынсем—Америкăра никама та тĕлĕнтермест ĕнтĕ. Çакă вăл капитализмла çĕршыври кулленхи пурнăç.

## Хут пĕлменнисем

Нумаях пулмасть Америкăра «Неграмотные» ятлă кĕнеке тухнă. Ăна университетра ĕçлекен профессорсем çырнă.

Кĕнекере çырнă тăрăх, 1950 çулта Америкăра 2,5 миллион çын е кашни 50 çын пуçне 1 çын хут пĕлмен. Хут пĕлменнисем уйрăмах кăнтăрти штатсенче нумай. Пурнăç питĕ начар пулнă пирки ĕççыннисем вĕренеймесĕр юлнине кĕнеке авторĕсем йышăнаççĕ.

Америкăра ачасемпе сутă тăвасси вăйлă саралнă. Чылай монополисем çак киревсĕр те намăс ĕçре пысăк услам илеççĕ. Америкăра мĕнпур ачасен 40 процентĕ тара кĕрĕшсе ĕçлеççĕ.

Англире пур ачасене те вĕрентес тесен, çĕнĕрен 3 пин шкул уçмалла. Вăрçă хыççăнхи çулсенче пурĕ те 61 шкул çеç уçнă.

Колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăçĕ татах та йывăр. Суданра, Британи Сомалинче пĕтĕм халăхăн 99 процентĕ, Мадагаскарпа Алжирта — 90 процент хут пĕлмест. Сывăх тата Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсенче те хут пĕлменнисен хисепĕ 15—20 процента çитет.

## ФЛЕТЧЕР ТАТА ВИЛЬСОН

Америкăри пысăк хуласенчен пĕринче — Филадельфире Леонард Флетчер çемйи пурăнать. Çемьере ултă ача. Пĕлтĕр тăватă уйăхри Гарри вилнĕ. Следовательпе врач киле пырса пăхсан, Гарри выçăпа вилнине палăртнă. Çулталăк çурăри Альберт «Выçăпа кусне уçайми пуличченех вăйсăрланса çитнĕ», тесе каласа хăварнă врач. Ытти ачисем те выçăллă-тутăллă пурăннă пирки начарланса, чирлесе кайнă.

Кам вăл Леонард Флетчер? Тен, ĕçсĕр юлнă е инвалид пулса ĕçрен кăларса ывăтнă рабочи? Çук, вăл «телейлисенчен» пĕри. Вăл шофер, эрнере 65 доллар е çулталăкра 3.380 доллар ĕçлесе илет.

Буржуаллă экономистсем темĕнле хĕссе шутласан та, Флетчер çемйине пĕр эрне пурăнма 150 доллар ытларах кирлĕ. Çавăн чухлĕ укçа ăçтан туптăр ĕнтĕ рабочи çемйи?

Тавар хакĕсем тăтăшах ÿсеççĕ. Вăрçăччентхипе танлаштарсан, пурнăç кунта виçĕ хут ытла хакланнă. Корейăри вăрçă пуçланнăранпа кăна апат-çимĕç хакĕ 29 процент ÿснĕ.

Миллионшар ĕççыннисем выçăпа, чухăнлăхпа асапланнă вăхăтра империалистсен тупăшĕ ÿссех пырать. Уйрăмах вăрçă хатĕрĕсем туса кăларакан монополисем пысăк услам илеççĕ. США-ри 250 монополи аллинче 200 миллиард доллар укçа шутланса тăрать. Çав укçан пысăк сумми чи пуян 400 çемье аллинче. Сăмахран, «Дженерал моторс» компани директорĕ Чарльз Вильсон çулталăкра 600 пин доллар е эрнере 12 пин доллар шалу илет. Кунта акцисенчен илекен пысăк тупăш кĕмест. Пĕррехинче Вильсонăн вăкăрĕ чирленĕ пулнă. Вăл чирлĕ вăкăра çĕршыври чи лайăх ветеринар патне самолетпа илсе кайнă.

Флетчерăн эрнере 65 доллар, Вильсонăн—12.000!

Çавăн пек вăл паянхи Америка!

# Джордж Уивер çемйин бюджечĕ

Джордж Уивер тин кăна уйрăм çын аллинче тăракан банкран таврăнчĕ. Çав банк ĕççыннисене питĕ пысăк процент тÿлемелли йĕркепе ссудăсем парать. «Халĕ пирĕн çурт хуçинчен, вăл хваттершĕн тÿлемелли укçа илме пырсан, пĕр вăхăтлăха пытанма кирлĕ мар»—тет вăл хăйĕн Эллен ятлă арăмне. Иртнĕ çулта Джордж Уиверăн, автомобильсем валли шинăсем туса хатĕрлекен «Б. Ф. Гудрич К» заводри рабочин (Акрон хули, Огайо штачĕ), хăйĕн çемйинчи расходсене саплама икĕ хутчен кивçен укçа илме тивнĕ.

США-ри нумай рабочисен çемйисем те çавăн пекех тăваççĕ. Кун пек йĕрке пуçланни чылай пулать ĕнтĕ. Ĕçлĕх статистикин бюровĕн официальнăй сведенийĕсем тăрăх, Америкăри вăтам йышлă çемье 1950 çулта 400 долларлăх парăма кĕнĕ. Ку вăл çынсем хăйсем ĕçлесе илнинчен нумайрах расходланине пĕлтерет. Паянхи куна вăтам йышлă çемье ĕçлесе илекен укçапа расхода каякан укçа хушшинчи уйрăмлăх тата пысăкрах. Унăн сăлтавĕ: США-н Корейăри интервенцийĕ тата налогсем хăвăрт ÿсни. Налогсем çавăн пек ÿсесси США историйĕнче пулман.

Уиверсем пурăнакан çурта кĕрсе тухăпăр. Хутпа кăранташ илсе упăшкипе арăмĕ хаваслă мар ĕç тăваççĕ—çемье бюджечĕнче мĕнле те пулин сахалтарах укçа расходлас тесе аптăраса лараççĕ. Джордж Уивер — квалификациллĕ рабочи, унăн производствăри стажĕ пысăк. Джордж Уивер хăйĕн ĕçне питĕ лайăх пĕлет, вăл пĕр эрнере 65 доллар ĕçлесе илет. Уиверăн аслă ывăлĕ шкулта вĕренет, тепри вĕренмест-ха. Ĕçлесе илекен укçапа хăй валли, арăмĕпе ачисем валли каякан расхода мĕнле сапламалла? Мĕншĕн тесен пурăнма Уивер ĕçлесе илекен ĕç укçинчен чылай ытларах укçа кирлĕ.

Уиверсем хăйсен бюджетне тепĕр хут пăхса тухаççĕ, анчах йывăрлăхран тухмалли çула тупаймаççĕ. Тупăшран илекен налог тăрăх тата социальнăй обеспечени налогĕ тăрăх эрне хушшинче 8 доллар тытса юлаççĕ. 57 доллар юлать. Вăл укçаран апат-çимĕç илме, хваттершĕн, газпа электричествăшăн тÿлеме 42 доллар каять. Страхованишĕн памалли взнос валли эрнере 1 доллар кирлĕ. Çемье членĕсем валли эмелсем илме эрне хушшинче 1 доллар та 50 цент каять, 6 доллар парăмсене тÿлесе пĕтет. Çапла ĕнтĕ мĕн пурĕ те 6 доллар та 50 цент тăрса юлать. Ку вăл—транспорт расхочĕсем валли, кĕпе-тумтир тата ытти хуçалăх расхочĕсем валли.

Уиверсем тем тĕрлĕ шутласан та вĕсене пĕр эрне хушшинче тата 8—10 доллар кирлĕ.

Ĕçлĕх статистикин бюровĕн сведенийĕсем тăрăх, 1951 çулта 4 çынтан тăракан çемьене пурăнма çулталăкне 4.166 доллар, урăхла каласан, пĕр эрнене 80 доллар кирлĕ. Ку цифра Уиверсен çемйин пĕр эрне хушшинчи тупăшĕнчен 15 доллар пысăкрах. США-ри çемьесенчен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ, Уиверсем пекех, пурăнма кирлĕ укçа-тенкĕрен сахалтарах ĕçлесе илеççĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ Уиверсенчен чылай начартарах пурăнаççĕ. США президенчĕ пулнă Трумэн каланă тăрăх 1951 çулта «мĕнпур çемьесен тăватă пайран пĕр пайĕ икĕ пин доллартан сахалтарах ĕçлесе илнĕ». Урăхла каласан, вĕсем пĕр эрне хушшинче ĕçлесе илекен ĕç укçи 40 доллара та çитмен. Пĕр эрне пурăнма вара 80 доллар кирлĕ!

Çапла майпа, Уиверсен çемйин бюджечĕ парăмсенчен хăтăлаймасть, апат-çимĕç туянмалли, кĕпе-тумтир тата ытти вак таварсем туянма кирлĕ укçана час-часах чакарма тивет.

Уиверсен çемйин бюджечĕн чи йывăр статьи апат-çимĕç ыйтăвĕ пулнă пулсан, ытти статьясем те пысăк вырăн йышăнса тăмаскерсем, çемьене сахал мар йывăрлăхсем кÿреççĕ.

Джорджпа Эллен çамрăк пулнă вăхăтрипе танлаштарсан, халĕ шăматкунсенче кассине кинона каймалли билет хакĕ 7—8 хут хаклăрах тăрать. Çавăнпа та Джорджпа Эллен кинона сайра-хутра кăна кайса килеççĕ. Уйăхне пĕр хутчен кинона кайса килсен, вĕсем хăйсене телейлĕ çынсем вырăнне шутлаççĕ.

1935—1939-мĕш çулсенчипе танлаштарсан, Ĕçлĕх статистикин бюровĕн сведенийĕсем тăрăх, пурнăç хакĕ США-ра икĕ хут ÿснĕ. Анчах вăл сведенисенче налогсем ÿсес пынине кăтартман. Электропромышленноçпа радиопромышленноçра ĕçлекен рабочисен Пĕрлешÿллĕ профсоюзĕ панă тĕплĕрех сведенисем çакна кăтартса параççĕ: вăрçăченхи вăхăтпа танлаштарсан, пурнăç хакĕ 2,85 хут ÿснĕ. Çав профсоюз пĕлтернĕ сведенисем тăрăх, Корейăри вăрçă пуçланнăранпа пурнăç хакĕ тата 25 процент чухлĕ ÿснĕ.

Пысăк налогсемпе тата йывăр пурнăçпа тертленекен Джордж Уивер тата унăн заводра ĕçлекен юлташĕсем забастовка пуçланă. Вĕсем завод йĕри-тавра рабочисен ушкăнне тăратса тухнă. «Б. Ф. Гудрич» компани забастовка «законлă мар» тесе йышăнтарма хăтлансан, забастовка организаторне тĕрмене хуптарас тесе судьясене укçалла сутăн илсен, рабочисем Акронри кварталсенче демонстраци иртнернĕ.

Забастовка пынă вăхăтра Уивер çемйин пурнăçĕ уйрăмах йывăр пулнă. Анчах çемье членĕсем, ытти пиншер рабочисем пекех, вăл йывăрлăха çирĕппĕн чăтса иртнернĕ. Мĕншĕн тесен вĕсем çакна пĕлнĕ: компание çирĕппĕн хирĕç тăрсан кăна вĕсем хăйсен тĕреслĕхлĕ требованийĕсене пурнăçа кĕртерме пултараççĕ. «Б. Ф. Гудрич» компанийĕ çинчен калас пулсан, унăн президенчĕ Джон Л. Коллер çулталăкне 215 пин доллар илет. Пĕр эрнере—4.135 доллар. Урăхла каласан, ку вăл Джордж Уивер çулталăк хушшинче ĕçлесе илекен ĕç укçинчен чылай нумайрах. Унсăр пуçне Коллерăн «ĕç укçине» акцисенчен илекен тупăшсем кĕмеççĕ. Коллер аллинче акцисем сахал мар, Джордж Уиверăн вара ун пек акцисем çук.

Çапла ĕнтĕ рабочисен ушкăнĕсем çирĕппĕн тăнă. Нимĕнле провокацисем те, çынсене арестлени, хăратни те рабочисен пĕрлĕхне хуçма пултарайман. Пĕр уйăх хушши пынă забастовка хыççăн Уиверăн тата унăн юлташĕсен ĕç укçине кăштах ÿстернĕ. Кăштах укçа хушса пани ыйтăва мĕнле те пулин татса пама пултарнă-и? Пăллах çук! Мĕншĕн тесен часах хаксене тепĕр хут ÿстернĕ. Татса паман ыйтусем (Уивер çемйи час-часах вĕсем патне пырса тухать) çĕршыва милитаризацилениpe тата Уолл-стрит вăрçă хатĕрленнипе çыхăнса тăраççĕ.

1939 çулта США вăрçа хатĕрленме кашни çын пуçне 20-шер доллар расходланă. 1951 çулта ку хисеп 131 доллара çитнĕ, çак çулта вара 243 доллара çитет. Правительство пурăнмалли çурт-йĕрсен строительстви, социальнăй ĕç валли тата халăха çутта кăларас ĕç валли уйăракан укçапа вăрçă расхочĕсем хушшинче питĕ пысăк уйрăмлăх пур. 1939 çулта США кашни çын пуçне 31-шер доллар расходланă пулсан, 1951 çулта вăл расходсем 8 доллар таран чакнă.

Налогсемпе таварсен хакĕсем ÿснĕ вăхăтра, пурăнмалли çурт-йĕр строительстви, сывлăха сыхлас тата халăха çутта кăларас ĕç валли уйăракан расходсем чакнă чухне, «Б. Ф. Гудрич» компанипе Уолл-стритăн ытти корпорацийĕсен тупăшĕсем питĕ нумай ÿснĕ. Пĕр рабочи 1949 çулта мул хуçисене 1.045 доллар тупăш панă пулсан, 1951 çулта вăл тупăш 1.619 доллара, 1952 çулта—1.796 доллара çитнĕ.

Уиверсен çемйи мĕнле те пулин пурăнас тесе укçа кивçен илнин тата парăма кĕрсе ÿкнин хăшпĕр сăлтавĕсем çакăн пек ĕнтĕ. Çав сăлтавсене пула ĕнтĕ Джордж Уивер забастовкăна хутшăннă. Вăл хăйĕн требованийĕсене пурнăçлаттарассишĕн çине тăрса тăрăшнă, анчах хăйĕн çемйин бюджетне «йĕркене кĕртессишĕн» тăрăшни кăлăхах пулнă.

Джозеф КЛАРК,
Америка журналисчĕ.
(«Литературная газета», 40-мĕш номер).

* *

## КАПИТАЛИЗМ ПУСМĂРĔНЧЕ

### «ДОЛЛАРШĂН КУÇ СУТАТĂП...»

Фред Гартинг çамрăк-ха, анчах вăл хăйĕн малашнехи пурнăçĕшĕн питĕ пăшăрханать. Нью-Йорк штатĕнчи пĕчĕк фермер Фред Гартинг темĕнле тăрăшса ĕçлет пулин те çăкăр-тăвар хирĕ-хирĕç çитерейми мест, хăйĕн çемйине тăрантараймасть. Унăн пĕчĕк хуçалăхĕ пĕтĕмпех парăм ăшне путнă. Кивçен паракансем хуçалăха торги туса сутассипе хăратаççĕ. Нимĕнле май тупайман пирки Фред Гартинг хаçатра «чĕрĕ, нимĕнпе сиенленмен куç сутасси» çинчен пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

«Хамăн куçа укçалла сутатăп», тесе пĕлтерет вăл.

Чухăнлăх долларшăн хăйĕн куçне суттарать. Çавăн пек вăл Америкăри ĕççынни пурнăçĕ.

### ВУНШАР ПИН АЧА ВĔРЕНМЕСĔР ЮЛАТЬ

Итали конституцийĕ тăрăх, пур ачасене те пиллĕкмĕш класс таран вĕрентмелле. Анчах çакă вăл хут çинче кăна.

Хальхи вăхăтра Италири шкулсенче 50.000 класс çитмест. 11 пин шкултă ачасене виççĕмĕш класс таран çеç вĕрентеççĕ. Пурнăç йывăр пирки çулсерен пиншер ача шкула çÿреме пăрахать. Çапла вара Италире хут пĕлменнисен хисепĕ ÿссех пырать.

### ЧИР-ЧĔР САРАЛАТЬ

Афганистанра апат начар, хваттерсем хĕсĕк пулнă тата чиртен сыватас тĕлĕшпе нимĕнле ĕç те туман пирки тиф, сивчир, туберкулез, сифилис, проказа, чечче чирĕ тата ытти чирсем те саралнă.

Юлашки 21 çул хушшинче Афганистанра пурĕ те 100 врач ытларах кăна вĕрентсе хатĕрленĕ. Çĕршыври нумай районсенче медицина пункчĕсем те çук.

(Афганистанри «ПАМИР» хаçат)

### «ПИРЕ ВЫÇÇА ВИЛЕССИ КĔТЕТ»

«Турци çынни хаçатра çапла çырать: «Манăн çемьере тăватă çын. Эпир уйăхне 120 лира ĕçлесе илетпĕр. Çакă вăл пире апат-çимĕç илме те çитмест. Эпир вĕри апат пĕçерсе çиеймеспĕр, аш-çу тутине маннă ĕнтĕ. Пирĕн ачасем çĕтĕк-çатăк тумланса çÿреççĕ. Ĕç укçи илнĕ хыççăн тăраничченпĕрре çиетпĕр те каярахла выçăпа аптăратпăр».

Сакăрвунă çулхи пĕр хĕрарăм çапла çырать: «Манăн çемьере çитĕнсе çитнисем тăваттă тата тепĕр ача. Уйăхра 80 лира ĕçлесе илетпĕр. Эпир вĕри апат мĕн иккенне маннă ĕнтĕ. Пирĕн парăмсем питĕ нумай. Кун пекех пулсан эпир выçса вилетпĕр».

(Турцири «ЕНИ ИСТАНБУЛ» хаçат).

### ÇĔНĔ ВĂРÇА ХАТĔРЛЕНСЕ

Кунта Бонн правительствин 1953—1954 çулсенчи бюджетне пичетлесе кăларнă. Бюджетăн ытларах пайĕ çĕнĕ çар тума, çара хĕçпăшаллантарма, оккупаци çарĕсене тытса тăма, аэродромсем, хĕçпăшал туса кăларакан заводсем лартма каять. Çак ĕçсем валли 15 миллиард марка е пĕтĕм бюджетăн 60 процентне уйăрса панă.

### ХАКСЕМ ПĔР ЧАРĂНМАСĂР ÿСЕÇÇĔ

«Пĕлтĕр çулла Кубăра 500 пин е пĕтĕм халăхăн 25 процентĕ ĕç тупаймасăр асапланса пурăннă. Çавна пула ĕççыннисем тавар илесси, 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытла чакнă. Апат-çимĕçсен, эмелсен тата хваттер укçи хакĕ çак вăхăтра икĕ хут ÿснĕ».

(Кубари «ФУНДАМЕНТОС» журнал).

### ВĂРÇА ВЕТЕРАНĔСЕН ПУРНĂÇĔ

«Ливерпульрен «Çар çынни пулнă çын», тесе алă пуснă çырура çапла çырнă: «Эпĕ хут лайăх пĕлетĕп, çартан аслă сержант çар званийĕпе таврăнтăм. Эпĕ халиччен те ĕç тупаймастăп. Ĕç, татăк çăкăр шырăса хула урамĕсем тăрăх утайми пуличченех çÿретĕп. Мана паракан пособи укçи общежитишĕн тÿлеме çеç çитет. Каçсерен эпĕ урам тăрăх пирус тĕпĕ пуçтарса туртатăп. Пурнăç кунтан та ытларах начарлансан манăн преступлени тумалла пулать-ши?..»

(Англири «ЭМПАЙР НЬЮС» хаçат).

### БЕЛЬГИРИ РАБОЧИ ПУРНĂÇĔ

«Эпĕ кашни уйăхра 5 пин франк ĕçлесе илетĕп. Ĕç укçин 8 процентне социальнăй страхованишĕн тытса юлаççĕ, 6 процент профсоюз член укçи тÿлеме каять. Хваттер укçи уйăхне пин франк, электроэнергипе шывшăн каллех çавăн чухлĕ тÿлетĕп. Эпир çемьере иккĕн кăна. Апла пулин те ĕç укçи пире выçăллă-тутăллă пурăнма та аран-аран çитет.

Чирлесен мана малтанхи виçĕ куншăн укçа тÿлемеççĕ, ытти кунсемшĕн ĕç укçинчен 60 процент çеç параççĕ. Врач пырса сыватнăшăн 60—100 франк тÿлемелле. Эмел питĕ хаклă. Мана 10 кунлăх отпуск параççĕ. Анчах укçа çук пирки эпĕ ниçта та кайса çÿрейместĕп».

(Бельгири Эрнст Мак рабочи Сталинградри П. И. Трошин рабочи патне янă çыруран).

### БРАЗИЛИРЕ ВЫÇЛĂХ

Бразилире çĕршер пин çын выçăпа асапланса пурăнать. Вĕсенчен кашни çулах пиншер çын выçăпа вилет. Аптăранипе çынсем пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçса çÿреççĕ. Çурçĕртен кăнтăралла куçакансем валли ятарласа карантинсем тунă. Унта туберкулез, тиф, трахома тата ытти чирсемпе чирленĕ арçынсемпе хĕрарăмсене, ачасене хупаççĕ.

Çав карантинсем концентрацилле лагерь пекех. Америкăри тата Бразилири чурапа сутă тăвакансем ушкăнĕ-ушкăнĕпе е пĕччеnшерĕн йÿнĕ хакпа выçă халăха сутăн илеççĕ те фабрикăсемпе заводсенчи, плантацисенчи асаплă ĕçе хăваласа каяççĕ. Чурапа сутă тăвакансем çамрăксемпе вăйлисене лайăх каякан «тавар» тесе шутлаççĕ.

(Бразилири «ЖОРНАЛ ДО ПОВО» хаçат).

### «ХАЛĂХ СЫВЛĂХĔШĔН» ТИТОЛЛА ТĂРĂШНИ

«Югославире туберкулез, тиф, трахома тата ытти тĕрлĕ чирсемпе чирлесе вуншар пин çын вилет. Нумай околисенче 50 пин çын пуçне те пĕртен пĕр врач çеç. Сăмахран Боснире, Герцоговинăра тата ытти çичĕ околире 30 пин çын пуçне, сакăр околире 40 пин çын пуçне пĕр врач тивет. Вунпилĕк околире пĕр врач та çук».

(Болгарири «РАБОТНИЧЕСКО ДЕЛО» хаçат).

### «ПĔРРЕМĔШ КАТЕГОРИРИ ЧУХĂНСЕМ»

«Грецире Фтиотида облаçĕнче килсĕр-çуртсăр çемьесем пин ытла регистрациленĕ. Янино хула пуçлăхĕ пĕлтернĕ тăрăх сиенчех пулăшу пама кирлĕ «пĕрремĕш категорири чухăнсем» 10 пин çын, хулара пурĕ 33 пин çын шутланать. Çав хуларах вăрçă вăхăтĕнче çука тăрса юлнă 5 пин хресчен пурăнать. Вăл хресченсен çурт-йĕр мар, татăк çăкăр та çук.

Çĕршывăн ытти районĕсенче те пурнăç çавăн пекех».

(Грецири «АЛЛАГИ» хаçат).

### «ĔÇСĔРРИСЕН» ПОСЕЛОКĔ

«Париж çывăхĕнчи Нантерр хули патĕнче хăйне евĕрлĕ «поселок» пур. Çителен пăхсан ăна çĕмĕрĕлсе юрăхсăра тухнă, нихçан та ĕçе юрăхлă пулас çук автомобильсен çăвĕ темелле. Анчах çав шăтăк-çурăк автомобильсен çĕмрĕкĕсен хуçи пур. Çав машина çĕмрĕкĕсене вăл Алжиртан, Мароккоран, Тунисран пынă ĕçсĕр, хваттерсĕр тăрса юлнă çынсене тара парать, кашни машина çĕмрĕкĕшĕн 500—2.000 франк укçа сăптăрать. Унта пурăнакан пĕр çамрăк çапла каланă: «Мана вăрçа янă чухне нимĕнле чăрмав та пулмарĕ. Халĕ эпĕ икĕ çул ĕç шыратăп, тупаймастăп».

(Францири «ЮМАНИТЕ» хаçат).

### КИЛСĔР, ХВАТТЕРСĔР ÇЕМЬЕСЕМ



Англи колонизаторĕсен пусмăрĕнчи Кăнтăр Африка халăхĕ калама çук йывăр условисенче пурăнать. Негрсене нимĕнле право та паман, вĕсем тĕрлĕ хÿшĕсемпе лаççенче асапланса пурăнаççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кейптаун хули çывăхĕнчи негрсем пурăнакан [illegible]

*Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн*

*УКАЗĔ*

## Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводри ĕçре уйрăмах палăрнă рабочисене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăласси çинчен

Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод 25 çул тултарнă май, ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунăшăн тата заводра нумайранпа тӳрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводри ĕçре уйрăмах палăрнă çак рабочисене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлас:

1. Александр Яковлевич Абрамова — цехри рамщика;
2. Феодора Трофимовна Трофимована — цехри маляра;
3. Раиса Михайловна Чугунована — цехри пăчкă хăйракана;
4. Андрей Тимофеевич Яковлева — цехри электрика;
5. Ирина Сергеевна Волкована—цехри сушильщицăна;
6. Елизавета Ивановна Шачкована — цехри станочницăна.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ **З. АНДРЕЕВА.**
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн **Д. МИТЬКОВ.**

Шупашкар хули, 1953 çулхи апрелĕн 27-мĕшĕ.

# Çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн

Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод коллективĕ кăçалхи Майăн 1-мĕшне кĕтсе илнĕ вăхăтра завод ĕçлеме тытăннăранпа 25 çул тултарнине паллă тăвать. 1944 çулччен ку завод Чăвашдревпромсоюза пăхăнса тăнă, вăл «Труженик» промартелĕн пулнă. Халĕ завод СССР Ялхуçалăх тата хатĕрлев министерствине пăхăнса тăрать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче завод коллективĕ, çĕршыври ытти предприятисен коллективĕсемпе пĕрле, социализмла ялхуçалăхне çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса пычĕ. Завод ялхуçалăхĕнче ĕçлекен комбайнсем валли 7 миллион деталь, 4.400 кубометр фанера, ещĕк тумалли хăма 11.450 кубометр, грузсем турттаракан автомашинăсем валли 2.700 кузов туса кăларнă. Кунсăр пуçне завод автомашинăсемпе куççа çӳрекен мастерскойсем 2.275 туса хатĕрленĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем, И. В. Сталин юлташăн генилле произведенийĕ заводри рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа вăйлатрĕç. Завод коллективĕ пилĕк çуллăх плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешет.

Кăçалхи çул пуçламăшĕнче завод коллективĕ иртнĕ çулхи ĕç итогĕсене пăхса тухрĕ, производствăпа хуçалăхри пысăк çитменлĕхсене, усă курман резервсене хăюллăн палăртрĕ, завод чылайччен юлса пынине пĕтерме тытăнчĕ. Цехсем, сменăсем, бригадăсем, рабочисем хушшинче çулталăкри производство планне пур енĕпе те ăнăçлăн тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Март уйăхĕнче пур цехсем те плана иртерсе тултарчĕç. Уйрăмах пĕрремĕш, виççĕмĕш, улттăмĕш тата вуннăмĕш цехсем лайăх ĕçленине палăртас пулать: вĕсем мартăн 25-мĕшĕ тĕлне плана 118—132 процент таран тултарчĕç. Завод март уйăхĕнчи плана 129,9 процент тултарчĕ. Апрель уйăхĕнче те ăнăçлă ĕçлесе пычĕ.

Заводри чылай стахановецсем пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри ĕç нормине срокчен тултарчĕç.

Пĕрремĕш цехра коммунист В. Петров станочник паха тĕслĕхсем кăтартать. Сменăри нормăна ик-виç хут иртерсе тултарасси—унăн йăлине кĕнĕ. Комсомолка Т. Николаева, Çĕмĕрле райсовечĕн депутачĕ Е. Шачкова юлташсем хăйсен хастарлă ĕçĕпе ыттисене хавхалантараççĕ, производствăна çĕнетсе лайăхлатмалли паха меслсем шухăшласа кăлараççĕ.

Виççĕмĕш цехра чылай стахановецсем ĕç нормине тăтăшах 300 процент е ытларах та тултараççĕ. Ф. Амасов тата К. Орлова станочниксен, Е. Морозова, А. Киселев клеильщиксен патриотла ĕçĕпе пĕтĕм коллектив мухтанать.

Кăçал заводра ĕç нормисене пăхса тухнă, çĕнĕ, пысăкрах нормăсем çирĕплетнĕ. Завод коллективĕ пысăклатнă нормăсене те ăнăçлă тултарса пырать. Чылай рабочисем ĕç нормине иртерсе тултараççĕ.

Завод коллективĕ чĕртаварпа материалсем перекетлес, инструментсен ĕмĕрне тăсас тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса иртерет. 1952 çулта завод производство планне тултарман, анчах материалсем пĕтĕм плана тултарма кирлинчен ытларах расходланă. Кăçал топливо тата электроэнерги 7,6 процент, материалсем чылай перекетленĕ. Чĕртавар, материалсем, топливо, электроэнерги перекетлесе, тĕрлĕ расходсене чакарса, кăçал продукцин хăйне ларакан хакне 11,4 процент йӳнетнĕ, 1.164 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Пилĕк çуллăх плана срокчен тултарма пулăшас тесе, рационализаторсем паха сĕнӳсем параççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем 25 сĕнӳ пачĕç, Вĕсенчен 23 сĕнĕве пурнăçа кĕртнĕ. Çав сĕнӳсем çулталăкра 40 пин тенкĕ ытла перекетлеме май параççĕ.

Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăннă хыççăн рабочисен, инженерсемпе техниксен пуçарулăхĕпе пултарулăхĕ тата ытларах вăйланчĕ. Çак кунсенче завод халиччен пулман хăвăртлăхпа ĕçлет.

Рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен ăсталăхне тата тавракурăмне ӳстерме кружоксемпе курссем чылай организациленĕ. 211 çын кружоксенче техникăна вĕренет, 29 çын хăй тĕллĕн, 211 çын техминимума пысăклатнă программа тăрăх вĕренет.

Завод ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар: хăшпĕр цехсенче оборудованипе тулли усă курмаççĕ, перекетлĕхшĕн тимлĕн кĕрешмеççĕ, хăшпĕр мастерсемпе техниксем новаторсен паха опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма, производство культурине ӳстерме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ, кашни цехрах усă курман резервсем пур. Пуçарулла коллектив çав çитменлĕхсене пĕтересси пирки иккĕленмелли çук.

Завод коллективĕ 1953 çулхи плана Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕ. Халиччен тунă çитĕнӳсем тата коллективăн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ пĕрмаях ӳссе пыни илнĕ обязательствăна срокчен пурнăçлама май парĕç.

**А. РУСИН,**
**Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод директорĕ.**

## Болгарири Май уявĕ умĕнхи ăмăрту итогĕсем

СОФИЯ, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири ĕççыннисем Май уявне пысăк сĕкленӳпе хатĕрленеççĕ. Çĕршыври пур вырăнсенчен те ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем туни çинчен пĕлтерекен хыпарсем килсе тăраççĕ. Фабрикăсемпе заводсенче Май уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăвăн итогĕсене тăваççĕ.

Болгарири йывăр промышленность министерствипе профсоюзсен Центральнăй Совечĕ малта пыракан предприятисене куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавсем памалла тунă. Георгий Димитров ячĕпе тăракан сăрт-ту предприятийĕ, Вылко Червенков ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан завод, И. В. Сталин ячĕпе тăракан хими комбиначĕ тата производство планĕсене иртерсе тултарнă ытти фабрикăсемпе заводсем те пысăк награда илме тивĕçлĕ пулнă.

Çăмăл промышленность министерствипе профсоюзсен Центральнăй Совечĕ çăмăл промышленносри малта пыракан чылай предприятисене куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав памалла тунă.

СОФИЯ, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири ĕççыннисем Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе социализмла çĕнĕ предприятисене ĕçе кĕртеççĕ. Ĕнер Габрово хулинче «Балкан» ятлă çĕнĕ пир-авăр фабрики уçнă. Ăна техникăн юлашки çитĕнĕвĕсем тăрăх туса лартнă.

Болгари Халăх Республикинчи Халăх пухăвĕн президиумĕ кăларнă указ тăрăх, «Балкан» фабрикине тунă çĕрте лайăх ĕçленĕ строительсен ушкăнне орденсемпе медальсем парса наградăламалла тунă.

### КИТАЙРИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ СТРОИТЕЛЬСТВИ

ПЕКИН, апрелĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Хунань провинцийĕнче промышленность строительстви анлăн сарăлса пырать. Сянтань хули çывăхĕнче ытти предприятисемпе пĕрлех пир-авăр фабрики тăваççĕ. Çак фабрикăра 1.000 ытла станок ĕçлекен пулать.

Сянтань хулинче электрооборудовани завочĕ тăвас ĕç ăнăçлă пырать. Ăна тума иртнĕ çулта тытăннă. Электропроводсем хатĕрлекен пысăк завода туса пĕтереççĕ.

Çакăнпа пĕрлех провинцире машинăсем тăвакан çĕнĕ заводсем, электромеханически заводсем лартма вырăн палăртас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртереççĕ.

### БРНО ХУЛИНЧИ ĔÇÇЫННИСЕМ СОВЕТ ÇАРĔ ХУЛАНА ИРĔКЕ КĂЛАРНĂРАНПА 8 ÇУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПАЛĂРТНĂ

ПРАГА, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Апрелĕн 26-мĕшĕнче Брно хулине Совет çарĕ ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă ятпа Брно хулин Наци комитечĕн савăнăçлă ларăвĕ пулса иртнĕ. Наци комитечĕн председателĕ В. Матула хулари мĕнпур граждансен ячĕпе совет халăхне, хулана ирĕке кăларнă маршал Малиновскине тата унăн çарĕнчи воинсене тав тунă. Вăл çавăн пекех тата çитес çул Хĕрлĕ Çар площадĕнче геройла Совет Çарĕ ячĕпе монумент лартасси çинчен пĕлтернĕ.

Совет Союзĕн Прага хулинчи посольствин представителĕ Брно хулинчи граждансене совет халăхĕ тата унăн çарĕ ячĕпе саламланă.

Юлашкинчен ларура хулана совет Çарĕ ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă ятпа наукăн паллă работникĕсемпе искусство деятелĕсене Брно хулинчи Наци комитечĕн премийĕсене панă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ апрелĕн 27-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче фронтсенче разведка тăвас тĕлĕшпе çапăçнă. Урăх нимĕнле улшăнусем те пулман.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.



### Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах тапăнать

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине Америка авиацийĕ Пхеньян çывăхĕнчи ялсем çине тапăннă, мирлĕ халăх çине бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ. Америка истребителĕсемпе штурмовикĕсем ялсем çине пысăк ушкăнпа вĕçсе пырса тапăннă. Çавăн пекех Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи Тэдон тата Кансо уездĕнчи ялсем çине те бомбăсем пăрахнă, пулеметсенчен пенĕ. Хресченсен çурчĕсене нумай иштелтерсе пĕтернĕ. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем пур.

### Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Генерал Нам Ир апрелĕн 26-мĕшĕнче тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса памалла тăвас тĕллевпе ултă пунктран тăракан сĕнĕве панă хыççăн, делегацисен пĕрлехи иккĕмĕш ларăвĕнче ĕçсем нимĕн чухлĕ те малалла кайман. Америкăн главнăй делегачĕ хăй ĕнер калзнă сăмахсенех тепĕр хут каласа панă.

### Чечжудо тата Кочжедо утравĕсем çинче тыткăнри çар çыннисене вĕлереççĕ

**Синьхуа агентстви пĕлтерни**

ПЕКИН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ апрелĕн 26-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Юлашки кунсем хушшинче Чечжудо тата Кочжедо утравĕсем çинче американецсем тыткăнри 16 çар çыннине вĕлернĕ тата амантнă.

Американецсем пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 24-мĕшĕнче Чечжудо утравĕ çинче, тыткăна илнĕ Китай халăх добровольцĕсем тăракан лагерьте 15 çынна амантнă. Вĕсенчен виççĕшĕ вилнĕ. Американецсем пĕлтернĕ тăрăх, вĕсем «хăйсен тăван çĕршывне кайма» килĕшмен пулать.

Американецсем каланă тăрăхах, çак çар çыннисем «агитаторсем» пулнă пулать. Çак факт вăл акă мĕн çинчен калать: американецсем тăван çĕршыва таврăнма килĕшмен çар çыннисем тесе калакан çынсем вĕсем хăйсене тăван çĕршыва яма ыйтакан çар çыннисем пулса тăраççĕ.

Американецсем апрелĕн 21-мĕшĕнче Кочжедо утравĕ çинче тата тепĕр салтака вĕлернĕ.

### ДАНИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ ДАНИ ХАЛĂХНЕ ЧĔНСЕ КАЛАНИ

КОПЕНГАГЕН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Ланд ог фольк» хаçат Данири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Дани халăхне Май уявĕ ячĕпе чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă.

Коммунистсен партийĕ нумаях пулмасть пулса иртнĕ фолькетинг суйлавĕнче çитĕнӳ тунине палăртса, Данири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Дани халăхне çар расхочĕсене чакарассишĕн, налогсене пĕчĕклетессишĕн, ĕççĕрлĕхе пĕтерессишĕн, пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, тавар хакĕсене йӳнетессишĕн, çар службин срокне вăрăмлатма йышăннă решение пăрахăçа кăларассишĕн тимлĕрех кĕрешме чĕнет.

Дани Çурçĕр Атлантика блокĕнче тăнă вăхăтра çак требованисене пурнăçлама çук, тенĕ чĕнсе каланинче. Çавăнпа та Данин çак союзран тухас пулать.

Данире мирлĕ вăхăтра ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене вырнаçтармалли плана пурнăçлани, тесе кăтартса панă чĕнӳре, тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатасси патне илсе пырать.

«Дани халăхĕн Дани çĕршывĕпе вăрçă тĕллевĕсемшĕн усă курма памалла мар, тенĕ чĕнӳре. Унăн çапла калас пулать: Дани—Дани халăхĕшĕн пулмалла!»

Чĕнсе калани çак лозунгпа вĕçленет:

«Сывă пултăр Дани ирĕклĕхĕ! Милитаризацине чухăнлăха хирĕç кĕрешес ĕçри Дани халăхĕн пĕрлĕхĕ сывă пултăр! Сывă пултăр мир тата социализм!».

### ЯПОНИРЕ МАЙĂН 1-МĔШНЕ УЯВЛАМА ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

ШАНХАЙ, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Осака хулинчи радио пĕлтернĕ тăрăх, полици хытă хĕсет пулсан та, Японире пур çĕрте те ĕççыннисем Майăн 1-мĕшне уявлама хатĕрленеççĕ. Майăн 1-мĕшне уявласа иртерес тĕлĕшпе профсоюз организацийĕсем туса хунă комитет хатĕрленӳ ĕçĕсене вĕçлесе пырать. Май уявне иртермелли тĕп лозунгсем çакăн пек: «Çĕршыва çĕнĕрен хĕçпăшалантарассине хирĕç!», «Японие фашизацилессине хирĕç!», «Пурте пĕрле кĕрешнипе ĕç укçи сахалтан та 8 пин иен чухлĕ пулмалла тăвар!».

Комитет пĕлтернĕ тăрăх, Май уявне иртерме Токио хулинче 400 пин çынна яхăн хутшăнать.

### Патет-Лаори лару-тăру

ПАРИЖ, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Ханойран пĕлтернĕ тăрăх, Лаос королĕ пурăнакан Луан-Прабан хулинчен 70 километр çурçĕр енче çапăçусем пыраççĕ. (Лаос—Индо-Китая кĕрекен виçĕ государствăран пĕри. Унăн тĕрĕс ячĕ—Патет-Лао.—**Ред.**).

ПАРИЖ, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Сайгонран çапла пĕлтерет: «Лаос оборона министерствин представителĕ каланă тăрăх, паян Лаос правительстви (фанцузсем оккупациленĕ Патет-Лао пайĕнчи правительство.—**Ред.**) пĕтĕмĕшле мобилизаци иртересси çинчен приказ панă».

ЛОНДОН, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Сайгонран çапла пĕлтерет: «вьетмин çарĕсем (агентство Патет-Лао государствин ирĕклĕхшĕн кĕрешекен çарне çапла калать.—**Ред.**) государство территорийĕн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне, 250 пин тăваткал километр чухлĕ туртса илнĕ, тĕп хуласем умне пысăк хăрушлăх кăларса тăратнă. Лаос (Патет-Лао.—**Ред.**) столици Вьен-Тьян тата король резиденцийĕ Луан-Прабан хăрушлăхра тăраççĕ»...

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Вашингтон пост» хаçат редакци çырнă статьяра çапла кăтартса парать: Патет-Лаори ĕçсем Патет-Лао халăхĕ Франци пусмăрĕнчен хăтăлма чĕререн тăрăшни çинчен калаççĕ. Çакна «пур çĕрте те пĕр кĕрешӳ кăна, уйрăхла каласан, коммунизмпа антикоммунизм хушшинче кĕрешӳ пырать» тесе калакансем шута илмеççĕ».

### ПАРИЖРИ МУНИЦИПАЛИТЕТСЕН СУЙЛАВĔН РЕЗУЛЬТАЧĔСЕМ

ПАРИЖ, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Парижри муниципалитетсен суйлавĕн татăклă результачĕсем çинчен пĕлтерет. Сасăсен хисепĕ енчен малти вырăна Коммунистсен партийĕ тухнă, вăл 27,46 процент сасă илнĕ. «Независимăйсем» — 25,75 процент, «сулахай республиканецсен пĕрлешĕвĕ»—11,48 процент, де Голль партийĕ—10,84 процент, социалистсен партийĕ — 9,90 процент, католиксен партийĕ — 7,13 процент, ытти тĕрлĕ ушкăнсем — 7,43 процент сасă илнĕ.

## Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики хушшинчи суту-илӳ пирки

СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министерствипе Демократиллĕ Германи Республикин Суту-илӳ делегацийĕ хушшинче пĕр-пĕрне туслăн ăнланнипе пулса иртнĕ калаçусем хыççăн, кăçалхи апрелĕн 27-мĕшĕнче Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики хушшинче 1953 çул валли пĕр-пĕрне таварсем тăратасси çинчен Протокол çырса алă пуснă.

Икĕ енĕ те экономикăлла çыхăнусене аталантарассишĕн пулнине шута илсе, тавар çаврăнăшне 1953 çулта, 1952 çулхипе танлаштарсан тата Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики хушшинче 1951 çулхи сентябрĕн 27-мĕшĕнче суту-илӳ пирки нумай вăхăтлăха тунă килĕшӳ тăрăх 1953 çул валли палăртнă виçепе танлаштарсан, чылай ӳстерме калаçса татăлнă.

Совет Союзĕ Демократиллĕ Германи Республикине тырă, çĕр мамăкĕ, çăм, хура тата тĕслĕ металсем, тимĕр тăприпе марганец тăпри, промышленность оборудованийĕпе çул-йĕр строительстви оборудованийĕ, автомашинăсем, ку чухнехи ялхуçалăх машинисем тата Демократиллĕ Германи Республикине кирлĕ ытти таварсем тăрататать.

Демократиллĕ Германи Республики Совет Союзне электричество оборудованийĕпе сăрт-ту промышленность оборудованийĕ, тимĕр касакан станоксем, строительство материалĕсем тăвакан промышленность валли кирлĕ оборудовани, тĕрĕслемелли приборсем, химикатсем, куллен кирлĕ таварсем тата ытти таварсем тăратать.

Протокол çине çаксем алă пуснă: Совет Союзĕ енчен—СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министрĕ А. И. Микоян, Германи енчен—Тулашри тата шалти суту-илӳ министрĕ К. Грегор.

## Уяв умĕнхи суту-илӳ

Шупашкарти магазинсенче Май уявĕ умĕнхи кунсенче суту-илӳ вăйланчĕ. Кашни магазинах, ытти кунсемпе танлаштарсан, апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем чылай ытларах сутать.

46-мĕш номерлĕ магазин тавар çаврăнăш планне уйăхран уйăха иртерсе тултарать. Май уявĕ умĕнхи кунсенче магазинта халăх уйрăмах нумай пулать. Магазинăн пĕр кун хушшинче 6.900 тенкĕлĕх тавар сутмалла, вăл 12—16 пин тенкĕлĕх сутать.

Чебторгăн 5-мĕш номерлĕ магазинĕнче ată-пушмак сутаççĕ. Ĕççыннисем уйрăмах çуллахи вăхăтра тăхăнмалли ată-пушмак нумай туянаççĕ.

«Ростекстильшвейторг» магазинĕнче иртен пуçласа каçченех халăх тулли пулать. Кунта ĕççыннисем çĕлетнĕ кĕпе-тумтир, шĕлепке, тĕрлĕ матери туянаççĕ. Çĕлетнĕ кĕпе-тумтир кăштах пысăкрах пулсан, ăна магазинрах тӳрлетсе сĕлеççĕ, якатаççĕ. Уншăн укçа илмеççĕ. Çак кунсенче магазина тата тепĕр ушкăн тĕрлĕ материалсем илсе килчĕç.

## Суту-илӳ работникĕсен канашлăвĕ

СĔНТĔРВĂРРИ. Районти суту-илӳ работникĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлăва пухăннисем 1952 çулхипе кăçалхи пĕрремĕш кварталти ĕç итогĕсем тата 1953 çулхи задачăсем çинчен сӳтсе яврĕç.

Районти суту-илӳ организацийĕсем, партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисене пурнăçа кĕртсе пырса, тавар çаврăнăшне чылай ӳстернĕ, ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатса пыраççĕ. Пĕрремĕш кварталта тавар çаврăнăш планне 102 процент тултарнă.

Канашлу 1953 çулта финанспа хуçалăх ĕçĕсен планне срокчен тултарас тĕлĕшпе социализмла обязательствăсем йышăнчĕ. Суту-илӳ работникĕсем, çулталăкри тавар çаврăнăш планне декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма пулса, Çĕрпӳ районĕнчи суту-илӳ работникĕсене хăйсемпе ăмăртса ĕçлеме чĕнчĕç.

**М. ТИТОВ.**

## *Ĕççыннисем заемсенчен пысăк тупăш илеççĕ*

ПĂРАЧКАВ. Ĕççыннисем Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн облигацийĕсене нумай туянаççĕ. Районти перекет касси пĕрремĕш кварталта çав заема сармалли плана 147 процент пурнăçларĕ.

Перекет касси ĕççыннисене заем вылявĕсем тăрăх укçа тӳлет. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн икĕ çулĕнче районти ĕççыннисем выляв укçи 787 пин тенкĕ, кăçалхи пĕрремĕш кварталта 170 пин тенкĕ ытла илнĕ. Вылявсенче икĕ çынна 10-шар пин, вунпĕр çынна 5-шер пин тенкĕ тухнă.

**В. ТОНЫШЕВ.**

# Чĕпсене пăхса ӳстерме хатĕрленмелле

Кăçал республикăри колхозсем умĕнче кайăк-кĕшĕк хисепне ӳстерес тата кайăк-кĕшĕкрен ытларах тупăш илес тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ. Çавăнпа та кайăк-кĕшĕк фермисен инкубаци сезонне тата чĕпсене пăхса ӳстерме лайăх хатĕрленмелле.

Çуркунне иртерех тухнă чĕпсем лайăхрах аталанаççĕ, вĕсене пăхма та йывăр мар. Апрельте тухнă чĕпсем сентябрь уйăхĕнче çăмарта тума тытăнаççĕ. Çавăнпа та колхозсенче чĕпсене иртерех кăларма тăрăшмалла.

Халĕ кайăк-кĕшĕке инкубаци сезонне хатĕрлемелле, вĕсене лайăхрах пăхмалла, белоклă тата витаминлă апат ытларах памалла. Апат çине аш, шăтарнă тырă, сĕт каяшĕсем, утă тусанĕ, тымар çимĕçсем тата силос хушса пани чăхсен организмĕнчи тутлăхлă япаласен хисепне ӳстерет, çавна пула чăх çăмарта лайăх тăвакан пулать.

Инкубатора хуриччен çăмартан пахалăхĕ çухалмалла мар. Витесенче чăхсенĕ йăвасем туса памалла, çăмартана вăхăтра пухмалла. Йăвана мар, урайне тусан, çăмарта пăсăлма пултарать, унăн хуппи вараланать. Йăваран ăна таса аллăпа таса витрене пухса илмелле, 4—8 градус ăшă тăракан сулхăн вырăнта тытмалла. Çăмартасене витере çичĕ кунтан ытла тытмалла мар. 16 градус ăшă тăракан пӳлĕмре тытсан, çăмарта зародышĕ çитĕнме тытăнать, анчах вăл начар, тĕрĕс мар çитĕнет.

Инкубатора хумалли çăмартасене тисе кайнă чухне хытă асăрханас пулать. Вĕсене лăкантарма, шăнтма юрамасть. Çавăнпа та турттарса кайма вĕсене турпас, арпа е таса улăм хурса, ещĕксене тирпейлĕн вырнаçтармалла. Чăх çăмартине утă, пăчкă кĕрпи, хăйăр, сăсăл çинче тытма юрамасть.

Инкубаци станцисене çăмарта çителĕклĕ панă хыççăн, колхозсен чĕпсене йышăнма хатĕрленмелле. Талăкри чĕпсем илсе килме чи лайăх чĕпсем — шутланаççĕ.

Чĕпсене фермăна илсе пыриччен, вĕсене ӳсрама вырăн хатĕрлемелле. Чĕп вити пысăк, çутă, ăшă та типĕ пулмалла, вите умĕнче чĕпсене тухса çӳреме вырăн кирлĕ. Пĕр тăваткал метр урайне 16—20 чĕпрен ытла вырнаçтарма кирлĕ мар. Пĕр ушкăнта 200—250 чĕп пулмалла, унтан ытла мар. Колхоз тӳрех пин чĕпĕ илет пулсан, вĕсем валли 62 тăваткал метр пысăкăш вите кирлĕ. Витене 4—5 пӳлĕме уйăрас пулать. Малтанхи кунсенчех ытла çӳлĕ пӳлĕм кирлĕ те мар — чĕпсем пĕр пӳлĕмрен тепĕр пӳлĕме куçма кăна ан пултарччăр. Витен урайне хăма сармалла, шăтăк-çурăк пулмалла мар. Чĕпсем таврашĕнче йĕкехӳресемпе шăшисем пуласран малтанах асăрханас пулать.

Чĕпсене хĕвел çутти кирлĕ. Çавăнпа та витесен чӳречисем кăнтăр еннелле пулмалла, урайне çутă лайăх ӳкмелле. Унсăрăн чĕпсем апата лайăх уйăрса илеймеççĕ.

Амăшĕсĕр ӳсекен чĕпсене уйăх—уйăх çурă хушши ăшă кирлĕ. Урайĕнчен пĕр метр çӳлĕшĕнче температура 18—20 градус ăшă тăмалла. Çавăнпа та чĕпсене ятарласа кăмака туса памалла. Ку кăмакан мăрйи горизонталлĕ, урайĕнчен 25 сантиметр çӳлĕшĕнче пулать, унтан вите çийĕ витĕр çӳлелле тухса каять. Горизонталлĕ мăрье айне кашни 35—40 сантиметртан кирпĕч юпасем лартса тухаççĕ. 200—250 чĕпĕ пурăнакан кашни пӳлĕме çавăн пек горизонталлĕ мăрье икĕ метра яхăн тивмелле.

Чĕпсем миçе кун хушши пурăннине кура, вĕсене ăшă тĕрлĕрен кирлĕ пулать: 1—5 кунхи чăх чĕпписемпе кăркка чĕппisene температура 29—30 градус, кăвакал тата хур чĕпписене — 28—29 градус кирлĕ; 6—10 кунхи чăх чĕпписемпе кăркка чĕпписене 26—28 градус, кăвакал тата хур чĕпписене 24—27 градус кирлĕ, 11—20 кунхи чăх чĕпписемпе кăркка чĕпписене 23—25 градус, кăвакал тата хур чĕпписене 18—23 градус ăшă кирлĕ т. ыт. те.

Чĕпсене типĕ те таса сывлăш кирлĕ. Пăчă çĕрте углекислăй газна ытти сиенлĕ газсем нумай пулаççĕ. Вентиляци начар чухне витере сывлăш чĕрĕ пулать, чĕпсем чирлеме тата вилме те пултараççĕ.

Эрне иртсен, чĕпсене уçăлма кăлармалла. Чĕпсем витерен ирĕклĕн тухса каялла кĕме пултарччăр. Чĕпсене тула ещĕкпе илсе тухма аван мар. Витесен урайĕ çĕртен çӳлĕ пулсан, чĕпсене тухса çӳреме хăма хурса памалла. Чĕпсем уçăлса çӳремелли вырăн тавра сетка карса тухас пулать.

Чĕпсене йышăнас умĕн вĕсене пăхма кирлĕ хатĕрсене вăхăтра хатĕрлемелле.

Чĕпсене ĕçтерме шыва валашка е тарелка çине ярса памалла мар, мĕншĕн тесен чĕпсем шыва тăкса пĕтереççĕ, хăйсем те йĕпенеççĕ, çавна пула витере сывлăш чĕрĕ пулма пултарать. Шыва автоматла поилкăна ярса памалла. Ăна тума йывăр мар. Тăм чӳлмек е пĕчĕк тимĕр витре илеççĕ, вĕсен хĕрринче пĕчĕк шăтăк пулать, унта шыв яраççĕ те, çиелтен витререн пысăкрах лаптăк тазпа витсе, пуçхĕрлĕ çавăрса лартаççĕ. Тазри шыва ĕçсе пынă май витре хĕрринчи шăтăкран шыв юхса тăрать.

Чĕпсем валли апат çителĕклĕ хатĕрлемелле. Уйăх çура çитиччен кашни чĕп пуçне пĕр килограма яхăн тырă—çăнăх, 0,6 литра яхăн хăймасăр сĕт, 0,5 çăмарта, 125 грамм тăпăрчă тата 800 грамм симĕс те сĕтеклĕ апатсем кирлĕ. Çуркунне тырра калчалатса, чĕпсене çемçе симĕс апат пани аван. Чĕпсене минераллă апатсем те: пурă, шăмă çăнăхĕ, шултра хăйăр, вĕтетнĕ йывăç кăмрăкĕ кирлĕ.

Чĕпсене сывă пăхса ӳстересси кадрсенчен нумай килет. Чăх пăхакансене кайăк-кĕшĕк ĕрчетекен инкубатор станцийĕсенче вĕрентсе хатĕрлес ĕçе йĕркелемелле.

**Ф. БАРДИН,**
**ветеринари врачĕ.**

Редактор **В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

## *КИНО*

«РОДИНА»—апрелĕн 29-мĕшĕпе 30-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Юные партизаны», 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Возвращение Василия Бортникова».

«УДАРНИК» — апрелĕн 29-мĕшĕнче «Операция Б», апрелĕн 30-мĕшĕнче «Майская ночь».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00526 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.